№

ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1956 çул
Февраль
17
ЭРНЕКУН
№ 35 (9714)
Хакĕ 20 пус.
38-мĕш çул тухать.

*Аслă Ленин хушса хăварнисем тăрăх ĕçлесе, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ социализмла экономикăн мĕнпур отраслĕсене аталантармалли, пирĕн Тăван çĕршывăн обороннне тĕреклетмелли, халăх пурнăçне лайăхлатмалли никĕс пулса тăракан йывăр промышленноçа пуринчен ытларах ÿстерессишĕн яланах тăрăшнă тата тăрăшать те.*

*Çавăн пек пирĕн партин тĕп çул-йĕрĕ. Вăл Совет государствин пĕтĕм опычĕпе тĕрĕсленнĕ, халăхăн пурнăçри интересĕсемпе килĕшсе тăрать. Коммунистсен партийĕ малашне те çак тĕп çул-йĕре çирĕппĕн тата пĕр пăрăнмасăр пурнăçласа пырĕ.*

## СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН XX СЪЕЗЧĔ

# Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ партин XX съездне туса панă отчетлă доклад

## *КПСС Центральнăй Комитечĕн Пĕрремĕш Секретарĕ Н. С. ХРУЩЕВ тунă доклад*)*

### II.

## ССР СОЮЗĔН ШАЛТИ ЛАРУ-ТĂРĂВĔ

### 2. Промышленноçра техника прогресне хăвăртлатасси

Хура металлургин чĕртавар никĕсне пур майсемпе те вăйлатса пымалла, металлурги предприятийĕсем тăвассине хăвăртлатмалла, халиччен производство хăвачĕсемпе лайăхрах усă курмалла, металл сортиментне нумайлатмалла, пахалăхне лайăхлатмалла.

Çакна палăртмалла, металл расходланă чухне тăкаксем нумай тăвассĕ. Металпа чăннипех кирлĕ çĕрте кăна мар, ун вырăнне урăх япаласемпе ăнăçлă усă курма май пур çĕрте те усă курассĕ. Машиностроительсем машинăсен йывăрăшне, габаричĕсене пĕчĕклетсен, ĕç тухăçлăхне ÿстерме май паракан çĕнĕ йышши хурçăпа тата ытти материалпа усă курсан, металл нумай перекетлесе хăварма пултарассĕ. Строительствăра металл вырăнне бетонпа тата тимĕрбетонпа хăюллăрах усă курмалла.

Тĕслĕ тата сайра тĕл пулакан металсем, тутăхман хурçă, вĕрие чăтăмлă хурçăсемпе сплавсем туса кăларассине пур майсемпе те ÿстересси чи кирлĕ задача пулса тăрать.

Техника прогресĕ производствăн кивĕ отраслисем çĕнелсе лайăхланнинче çеç мар, производствăн çĕнĕ отраслĕсем ÿсе аталаннинче те палăрассĕ. Çав отрасльсенчен пĕри искусственнăй чĕртаварпа заменительсем туса кăларакан отрасль пулать. Ăна аталантарни çалăха кулленхи кирлĕ таварсем туса кăларассине малалла ÿстерес ĕçре пысăк вырăн йышăнать.

Ку таранччен нумай апат-çимĕç продукчĕсене техникăра кирлĕ япаласем туса кăларма расходлассĕ. Сăмахран, 1955 çулта спирт туса кăларма 2 миллион тонна ытла тĕштырă, 700 пин тонна ытла сахăр патоки расходланă. Супăнь, çуллăн тĕрлĕ хатĕрсем, олиф, сĕрмелли япаласем туса кăларма тата техникăра ытти тĕрлĕ ĕçсем тума çулталăкра çиме юрăхлă çусем 400 пин тонна яхăн расходлассĕ. Çав çусем вырăнне нефть тата çĕр кăмрăк продукчĕсене, сутçанталăкри газпа усă курма пулать. Улттăмĕш пилĕкçуллăх вĕçленнĕ тĕле пирĕн техникăра кирлĕ япаласем туса кăларас ĕçре апат-çимĕç продукчĕсем вырăнне синтетическа чĕртаварпа усă курма тытăнмалла, 1961 çултан пуçласа çак ĕçре апат-çимĕç продукчĕсем расходлассине пĕтермелле. Искусственнăй çу туса кăларассине пур майсемпе те ÿстермелле. Юлашки çулсенче çав производство ÿсрĕ, апла пулин те вăл пирĕн ыйтусене тивĕçтерейместь.

Эпир йывăр промышленноçа малашне те пысăк хăвăртлăхсемпе аталантарса пырăпăр. Çав вăхăтрах эпир халăха кирлĕ таварсем туса кăларассине анлăн аталантарма пултаратпăр тата аталантарма тивĕçлĕ те.

Паллă ĕнтĕ, капитализм производствин тĕллевĕ вăл услам ытларах та ытларах илесси пулать. Çакна ĕççыннисене эксплуатацилессине пĕрмаях вăйлатса пынипе, производствăна ÿстернипе пурнăçлассĕ. Анчах производствăна пысăклатас туртăм халăхăн таварсем туянас пултаруллăхĕ пĕчĕк пулни çине пырса çапăнать. Çакă вăл ĕççыннисем таварсем туянма пултарни капитализм вăхăтĕнче кирек мĕнле пулсан та чакса пынипе çыхăнса тăрать. Капитализм обществин производствăпа потреблени хушшинче тарăн хирĕçÿсем пуррипе палăрса тăрать.

Капитализмла производствăн çав хирĕçĕвне социализм пĕтерсе хучĕ. Социализмла производствăн тĕллевĕ вăл ĕççыннисен, пĕтĕм обществăн яланах ÿссе пыракан материаллă тата культурăллă ыйтăвĕсене туллин тивĕçтерессн пулать. Йывăр промышленность вăйланса пынă май халăхăн ÿссе пыракан ыйтăвĕсене тÿрремĕн тивĕçтерекен отрасльсем анлăрах сарăлассĕ. Халĕ, пирĕн пур енчен те хăватлă аталаннă йывăр индустри пур чухне, производство хатĕрĕсем туса кăларассине кăна мар, халăха кирлĕ япаласем туса кăларассине те пысăкрах хăвăртлăхсемпе ÿстерме майсем çителĕклĕ. Çакна калани те çитет: 1960 çулта, 1950 çулхипе танлаштарсан, халăха кирлĕ таварсем 3 хута яхăн ытларах туса кăларатпăр. Совет çыннисен ыйтăвĕсене туллинрех тата лайăхрах тивĕçтерме мĕн кирлине парти пурне те тунă, малашне те çапла тăвĕ. Çакăнта вăл хăйĕн халăх умĕнчи пысăк тивĕçне курать.

### 3. Транспортпа çыхăнăва техника ытларах парса тăрасси çинчен

Халăх хуçалăхĕшĕн транспортпа çыхăну аталанни пысăк вырăн йышăнать. Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра транспорта техникăпа хĕçпăшаллантарасси ÿснĕ. Ĕçе организацилесси тата транспорт хатĕрĕсемпе усă курасси лайăхланнă. Чугун çул, тинĕс тата автомобиль транспорчĕ партин XIX съезчĕ груз турттарас тĕлĕшпе йышăннă задание ăнăçлă пурнăçларĕ.

Çав çитĕнÿсене палăртнипе пĕрлех, чугун çул транспорчĕ техника тĕлĕшĕнчен юлса пынине йышăнас пулать. Вăл, тĕпрен илсен, пăравуссемпе ĕçлет. Пăравуссем экономика тĕлĕшĕнчен усă сахал пани, вĕсен усăллă ĕçĕн коэффициенчĕ 4—5 процент çеç пулни паллă. Электричество вăйĕпе çÿрекен электровозсен усăллă ĕçĕн коэффициенчĕ вара 16—18 процент.

Поездсене электричество вăйĕпе çÿреттермелле туни чугун çул тăрăх грузсем ытларах та хăвăрт турттарассине ÿстерме май парать, транспорта ĕçлеттермелли условисене лайăхлатать. Электровозсемпе усă курсан пăравуссемпе ĕçленинчен топливо 3—4 хут сахалрах пĕтет. Госпланпа СССР Çул-йĕр министерствин даннăйĕсем тăрăх, Мускавпа Владивосток хушшинчи çул çинче электровозсем çÿремелле туни, пăравуссем çÿренипе танлаштарсан, çулталăкра 18 миллион тоннăран кая мар çĕр кăмрăкĕ перекетлеме тата эксплуатаци расхочĕсене 2,7 миллиард тенкĕ ытла чакарма май парать. Расчетсем тăрăх, çак линие электрификацилеме хывакан укçа-тенке каялла тавăрма тăватă çултан ытла кирлĕ мар.

Çак ĕç питĕ пысăк та кирлĕ пулин те чугун çул транспорчĕн руководителĕсем çулсене электрификацилессишĕн кĕрешмен çеç мар, çав ĕçе пурнăçлама уйăрса паракан укçа-тенкĕпе те туллин усă курман. Иртнĕ пилĕкçуллăхра чугун çулсене мĕн пурĕ те 2.267 километр тăршшĕ çеç электрификациленĕ, пилĕкçуллăхри задание 58 процент çеç пурнăçланă. Пилĕкçуллăхра Çул-йĕр министерстви капитальнăй строительство валли çулталăкри плансем тăрăх уйăрса паракан укçа-тенкĕпе çултан-çул туллин усă курман. Транспорта техника тĕлĕшĕнчен реконструкцилес ыйтусем енĕпе министерство руководителĕсем çĕннине хирĕç тăнă.

Чугун çулсене электрификацилени чугун çул транспортне техника тĕлĕшĕнчен реконструкцилес тата ăна чи çÿлте тăракан техника никĕсĕ çинче аталантарас ĕçре пысăк вырăн йышăнать. Ку ĕçĕн халăх хуçалăхĕнчи пĕлтерĕшĕ питĕ пысăккине шута илсе, çак кунсенче партин Центральнăй Комитечĕ «Чугун çулсене электрификацилемелли генеральнăй план çинчен» решени йышăнчĕ. Çав плана 15 çул валли тунă. Асăннă планра чугун çулсене пурĕ 40 пин километр тăршшĕ электрификацилеме палăртнă. (Алă çупассĕ).

Чугун çулсене электрификацилениие пĕрлех чугун çул транспортне техникăпа хĕçпăшаллантарассине вăйлатас ĕçре пăравуссем вырăнне тепловозсемпе хăвăртрах усă курма тытăнни пысăк вырăн йышăнать. Хальхи вăхăтра тепловозсем питĕ сахал туса кăларассĕ тата вĕсен хăвачĕ ытла та çителĕксĕр. Çавăнпа 1955 çулхи сентябрь уйăхĕнче КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ транспорт машиностроенин чылай завочĕсенче тепловозсем туса кăларас ĕçе тытăнма хушрĕç.

Электровозсемпе тата тепловозсемпе усă курассине ÿстерни, çул хуçалăхне лайăхлатни, поездсем çÿренине йĕркелес ĕçе автоматизацилени тата централизацилени тата ытти ĕçсем туса ирттерни чугун çулсем тăрăх груз турттарассине ÿстерме пулăшассĕ.

Тинĕс тата юханшыв транспорчĕпе груз турттарассине пур майсемпе те ÿстермелле. Çĕршыври груз çаврăнăшĕнче тинĕс тата юханшыв транспорчĕ 12 процент çеç йышăнать. Çакă питĕ çитмелĕксĕр.

Сывлăш транспорчĕпе трубопроводсен транспортне пысăкрах хăвăртлăхсемпе аталантармалла.

Пилĕкçуллăхăн çулĕсенче автомобиль транспорчĕнче грузсен çаврăнăшĕ икĕ хут ытла ÿснĕ. Анчах çакă çителĕксĕр. Автотранспортра усă курман резервсем нумай. Унăн ĕçĕнче питĕ пысăк çитменлĕхсенчен пĕри вăл ăна ытла та сапаласа пĕтерни пулать. Пирĕн питĕ пĕчĕк автохуçалăхсем нумай. Нумай предприятисемпе учрежденисен руководителĕсем пĕчĕк автохуçалăхсем тытассишĕн çирĕппĕн тăрассĕ. Çакна калани те çителĕклĕ: вĕрнпур автомобиль хуçалăхĕсенчен 85 процентĕнче кашни хуçалăхра 10 автомашинăран ытла мар тытса тăрассĕ. Çавăн пиркиех ĕнтĕ пĕлтĕр, сăмахран, груз турттармалли автомобильсенчен çуррине яхăн ахаль тăнă, ĕçлекен автопарк вара çурри пушă çÿренĕ. Çавăн пек кая юлса пынине пĕтермелле, автомобиль хуçалăхĕсене пĕрлештерсе пысăклатмалла, ăна пурнăçлани пысăк усă парать. Шоссе çулĕсем тăвассине пур майсемпе те вăйлатмалла.

Çăмăл автомобильпе тирпейсĕр усă курни çинчен те калас пулать. Йăлана кĕрсе çитнĕ йĕрке тăрăх, çăмăл автомобильсене уйрăм работниксем çумне çирĕплетессĕ. Час-часах çапла пулать: работникăн ниçта та каймалла мар, çавăнпа ун çумне çирĕплетнĕ автомобиль ахаль ларать. Çапах та 1—2 шофер тата ытти рабочисем тытса тăрассĕ. Çак ĕçре обществăлла социализмла йĕркелĕх тумалла, машинăсене уйрăм работниксем çумне çирĕплетес практикăна пĕтермелле, хăшпĕр работниксене кăна уйрăм машина çирĕплетсе памалла. Учрежденисенче ĕçлекенсем валли служебăра усă курмалли таксомотор автомобиль хуçалăхĕсем пулмалла. Пирĕн çăмăл автомобильсем туса кăларасси малашне те ÿсет, кивĕ йĕркесене сапливех хăварас пулсан, транспортра ĕçлекенсен хисепĕ татах та ÿснĕ пулĕччĕ, унпа пиепле те килĕшме май çук, халĕ те вĕсен хисепĕ ытла та пысăк. Кирлĕ çĕрте уйрăм çынсене машина уйăрса парас пулать, анчах ĕçе çакăн пек йĕркелемелле: ун пек работниксем хăйсем машинăпа çÿреме хайăх вĕренсе çитчĕр. Автотранспорт ĕçне йĕркелес ыйтăва татса пама тахçанах вăхăт çитнĕ, ăна, бюрократсем хирĕç тăнине сĕмĕрсе тăкса, татса парас пулать. Пирĕн социализмлă государствăн интересĕсем çавăн пек тума хушассĕ. (Алă çупассĕ).

Юлашки çулсенче çыхăну ĕçĕ пăртак лайăхланчĕ. Анчах çыхăну хатĕрĕсем, уйрăмах радиорелейнăй линисем, фототелеграф, телевизионнăй вещани çителĕксĕр аталаннă, вĕсем халăхăн тата халăх хуçалăхĕн ыйтăвĕсене çав-çавах тивĕçтерейместĕ-ха. Çыхăну хатĕрĕсене наукăпа техникăн чи çĕнĕ çитĕнĕвĕсен никĕсĕ çинче аталантарса, çĕнетсе лайăхлатмалла.

### 4. Производительнăй вăйсене тĕрĕс вырнаçтарса тухас ыйтусем

Промышленность производствин калăпăшне малалла ÿстерес задачăсем чĕртаварăн, топливăн, электроэнергин çĕнĕ çăлкуçĕсемпе хуçалăхра усă курма тата, пуринчен малтан, çĕршывăн хĕвелтухăç районĕсенчи сутçанталăкăн питĕ пысăк ресурсĕсене мобилизацилеме хушассĕ.

Çакна аса илтерни кирлĕ: ССР Союзĕнчи çĕр кăмрăкĕн мĕнпур запасĕсем 75 процент таран тата гидроэнерги запасĕсем 80 процент таран, вăрман пуянлăхĕсен пилĕк пайĕнчен тăватă пайĕ, тĕслĕ металсемпе сайра тĕл пулакан металсен тĕп запасĕсем, хими чĕртаварĕсен, тимĕр рудисен тата строительство материалĕсен калама çук пысăк ресурсĕсем хĕвелтухăç районĕсенче.

Опыт кăтартса панă тăрăх, çĕр кăмрăкĕ кăларас тата электроэнерги туса кăларас ĕç, экономика енчен илсен, Хĕвелтухăçĕнче ССР Союзĕн Европа пайĕнчинчен йÿнĕрех ларать. Сăмахран, çакна калани те çителĕклĕ: пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра çĕр кăмрăкĕ кăларассине пĕр тонна ÿстерме хывнă укçа-тенкĕ хисепĕ, Донбасрипе танлаштарсан, Хĕвелтухăç Çĕпĕр бассейнĕсенче 1,5 хут пĕчĕкрех, Кузбасра вара 2,5 хут пĕчĕкрех пулнă. Иртнĕ çул Кузбасра пĕр тонна çĕр кăмрăкĕн хăйне ларакан хакĕ Донбасринчен 1,5 хута яхăн йÿнĕрех пулнă. 1960 çулта Кузбасра 80 миллион тонна çĕр кăмрăкĕ кăларма палăртнă. Çак 80 миллион тонна государствăна Донбасра кăларнă çавăн чухлĕ çĕр кăмрăкĕнчен 2,4 миллиард тенкĕ йÿнĕрех ларать.

Çавăн евĕрлех тепĕр тĕслĕх. Ангара юханшывĕ çинче 3 миллион та 200 пин киловатт хăватлă Братск гидроэлектростанцине тăвассĕ. Вăл çулталăкра 22 миллиард киловатт-сехет, урăхла каласан, ССР Союзĕн Европа пайĕнчи икĕ питĕ пысăк гидроэлектростанци—Куйбышевпа Сталинград гидроэлектростанцийĕсем чухлех электроэнерги парса тăракан станци пулать. Çав вăхăтрах Братск ГЭС-ĕн строительстви Куйбышевпа Сталинград гидроэлектростанцийĕсен иккĕшĕн строительствинчен икĕ хут йÿнĕрех ларать, Братск ГЭС-ĕнче çулталăкра туса кăларакан электроэнергин хăйне ларакан хакĕ вара Куйбышевпа Сталинград гидроэлектростанцийĕсен энергийĕн хăйне ларакан хакĕнчен 200 миллион тенкĕ йÿнĕрех пулать.

Акă, ĕнтĕ, юлташсем, Хĕвелтухăçĕнчи энергетика ресурсĕсемпе анлăрах усă курни пирĕншĕн мĕн тери усăллă пулать! Çитес вунă çул хушшинче пирĕн Çĕпĕрта Совет Союзĕн çĕр кăмрăкĕ кăларакан тата электроэнерги туса кăларакан питĕ пысăк бази, ăнă вăйĕпе энерги нумай ыйтакан производствăн, уйрăмах алюмини, магни тата титан туса кăларас ĕçĕн, çавăн пекех электрометаллургин, углехимин тата электрохимин тĕп бази туса хумалла. (Алă çупассĕ).

Халăх хуçалăхĕн çак питĕ кирлĕ задачине ăнăçлă татса пама Хĕвелтухăçĕнчи хура металлургие аталантарас ĕçе пĕтĕм вăйпа малалла яни кирлĕ. 1955 çулта Уралпа Хĕвеланăç Çĕпĕр 14 миллион тонна ытла чугун начĕç, çакă вăл Англире шăратса кăларнă чугунтан чылай нумайрах. Çапла пулсан та пирĕн Хĕвелтухăç районĕсене ССР Союзĕн Европа пайĕнчен кашни çулах темиçе миллион тонна хура металсем турттарса пыма тивет. Çавăнпа та Çĕпĕрте, Казахстанра тата Инçет Хĕвелтухăçĕнче хура металлургие аталантарас ĕçе хăвăртлатма татăклă мерăсем йышăнас пулать.

Задача çакăнта пулать: çитес ик-виç пилĕкçуллăх тăршшĕнче Çĕпĕр районĕсенче пирĕн çĕршывăн çулталăкра 15—20 миллион тонна чугун шăратса кăларакан хăватлă виççĕмĕш металлурги бази туса хумалла. Çакна май Çĕпĕрте хура металлурги предприятийĕсене аталантармалли тата вырнаçтарса тухмалли генеральнăй схема туса хатĕрлемелле, унта геологиле шырав, наукăпа тĕпчев ĕçĕсемпе ытти ĕçсене анлă сармалла.

Çĕршывăн хĕвелтухăç районĕсенче машиностроени те çаплах çителĕксĕр аталанса пырать-ха. Çитес 10 çул хушшинче Хĕвелтухăçĕнче пирĕн мĕнпур йышши машинăсем, механизмсем, аппаратура тата приборсем туса кăларма пултаракан çĕнĕ пысăк центрсем тумалла.

Хĕвелтухăçĕнчи сутçанталăкăн промышленноçра усă курмалли калама çук пысăк ресурсĕсене ĕçе хастарлăнрах кĕртсе пымалла, çĕршывăн производительнăй вăйĕсене малалла аталантарма çав ресурссемпе лайăхрах усă курмалла.

Промышленноçа экономикăлла районсем тăрăх комплекслă йĕркепе тĕрĕсрех те лайăхрах вырнаçтарса тухас ĕç çине тимлĕ пăхас пулать. Пирĕн çĕршыв пысăк, эпир ку е тепĕр экономикăлла районта промышленноçа пĕр еннелле çеç аталантарса пырсан, эпир грузсене пысăк расходсем туса турттарса çÿрессине кирлĕ мар çĕртенех ÿстерĕпĕр тата çакă вăл халăх хуçалăхĕн пĕтĕм аталанăвĕнче йывăрлăхсем туса хурать.

### 5. Ĕç тухăçлăхĕн, промышленность продукцийĕн хăйне ларакан хакĕн тата капитальнăй строительство ыйтăвĕсем

Ĕç тухăçлăхĕ вăл, юлашки шутран, чи пахи, çĕнĕ обществăлла строя çĕнтерÿ тума чи кирли пулать, тесе В. И. Ленин вĕрентнине асра тытса, парти техникăлла прогресс тунă никĕс çинче ĕç тухăçлăхне пĕрмай ÿстерсе пыма тăрăшнă, ăна малашне те ÿстерме тăрăшать.

Ĕç тухăçлăхне ÿстермелли чи кирлĕ условн вăл, кăтартса панă Ленин, «ĕççыннисен дисциплинине, ĕçлес ăсталăха, хастарлăхне, ĕç хăвăртлăхне ÿстерни, ĕçе лайăхрах организацилени» пулать. Совет çыннисем çакна пĕлсе тăрассĕ: ĕç тухăçлăхне ÿстерни вĕсен пурнăçне лайăхлатмалли никĕс пулса тăрать. Çавăнпа та ĕçе тата производствăна организацилессине пирĕн ывăнма пĕлмесĕр лайăхлатса пымалла, укçа-тенкĕ тата ĕç вăхăчĕ усăсăр тăкакланнине пĕтермелле.

Партипе хуçалăх организацийĕсен предприятисен экономика ыйтăвĕсем çине тимлĕн пăхмалла. Кашни предприятие пĕр тикĕс ĕçлеттерме, продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетме, перекетлĕх режимне пур çĕрте те çирĕп тытса пыма, хуçалăх расчетне пур майсемпе те çирĕплетме тăрăшмалла.

Юлташсем! Промышленноçа тата пĕтĕм халăх хуçалăхне малалла аталантарас ĕçре капитальнăй строительство паллă вырăн йышăнать. Халĕ, капитальнăй ĕçсем тума çулленех 200 миллиард тенке яхăн укçа уйăрса панă чухне, пирĕн капитальнăй строительство ыйтăвĕсем çине тимлĕрех пăхмалла, ăна индустри çулĕ çине çирĕппĕн куçармалла.

Партин Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ юлашки вăхăтра строительство индустрине аталантарасси тата лайăхлатасси çинчен питĕ кирлĕ решенисем чылай йышăнчĕ. Сăмах акă мĕн çинчен пырать: капитальнăй строительство валли уйăрса панă укçа-тенкĕпе лайăхрах усă курмалла, организацие техника тĕлĕшĕнчен строительствăна ертсе пырас ĕçĕн шайне ÿстермелле, укçа-тенкĕне тĕрлĕ çĕре сапаланнине хирĕç татăклăн кĕрешмелле, строительство срокĕсемпе унăн хакне татăклăн чакармалла. Çак задачăсене строительствăна индустриализациленипе, заводсенче туса кăларнă сборнăй тимĕрбетон тата бетон конструкцийĕсемпе тата изделисемпе анлăрах усă курнипе кăна пурнăçлама пулать.

Пирĕн капитальнăй строительство калăпăшĕ вĕçĕмсĕр пысăкланать, промышленноçăн тĕп фончĕсем хăвăрт ÿсессĕ. Строительство ĕçĕсене лайăхлатнипе пĕрлех, пирĕн халиччен пулнă хăватсемпе лайăхрах усă курма яланах тăрăшмалла. Опыт çакна кăтартса парать: хăшпĕр предприятисем капитальнăй пысăк ĕçсем тумасăрах продукци туса кăларассине чылай ÿстерме, теприсем—икĕ хут е виçĕ хут та ÿстерме пултарассĕ. Çак ĕçе кирлĕ пек кăна тытăнмалла—оборудование модернизацилемелле, ĕçе тата производствăна организацилессине лайăхлатмалла, хăватлă вăйпа—производствăра малта пыракансен опычĕпе, изобретательсемпе рационализаторсен творчествăлла пуçарулăхĕпе анлăрах усă курмалла.

Пирĕн мухтавлă нумай миллионлă рабочи класс тата инженерсемпе техниксем социализмла производствăри пысăк резервсене ÿссе пыракан пысăк активлăхпа тупса палăртассĕ тата мобилизацилессĕ. Çав активлăха социализмла ăмăрту уççăн палăртса тăрать. Ăмăртăва куллен вăйлатса пымалла, яланах çакна асра тытмалла; ăмăрту вăл кампани мăр, миллионшар çынсен чĕрĕ ĕçĕ, социализмла производствăна малалла аталантарса тата лайăхлатса пымалли хăватлă вăй пулса тăрать. Эпир çакна шанса тăратпăр: рабочисемпе работницăсем, инженерсемпе техниксем хăйсен творчествăлла ĕçĕпе улттăмĕш пилĕк çуллăх плана ăнăçлă пурнăçламалла тăвĕç. (Нумайччен алă çупассĕ).

## Ялхуçалăхĕ

Юлташсем! Пирĕн çĕршыва хăватлă промышленноçпа пĕрлех пур енĕпе те аталаннă, халăха кирлине пĕтĕмĕшпех парса тăмалăх тата государствăн ытти мĕнпур ыйтăвĕсене тивĕçтермелĕх апат-çимĕçпе ялхуçалăх чĕртаварĕ туса тăма пултаракан ялхуçалăхĕ кирлĕ.

Юлашки вăхăтра, социализмла экономика аталаннипе, ĕç тухăçлăхĕ ÿснипе тата ваккăн сутакан таварсен хакĕ йÿнелнипе пула рабочисемпе служащисен реальнăй ĕç укçи тата колхозниксен тупăшĕсем чылай ÿсрĕç, халăх тавар ытларах туянакан пулчĕ.

Çак условисенче парти умне çийĕнчех пурнăçа кĕртмелли пĕтĕм халăх задачи—ялхуçалăх продукцийĕ туса илессине хăвăрт ÿстерес задача тухса тăчĕ. Партин Центральнăй Комитечĕн Пленумĕсенче ялхуçалăхне ертсе пырас ĕçри пысăк çитменлĕхсемпе йăнăшсене палăртнă, тĕштырăпа выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем туса илессине ÿстермелли питĕ пысăк программа туса хатĕрленĕ.

Пирĕн парти, рабочи класпа пĕтĕм халăх активлăн пулăшнипе, ялхуçалăхне çĕклес тĕлĕшпе пысăк мероприятисем туса ирттерчĕ. 1954 тата 1955 çулсенче ялхуçалăхне 34,4 миллиард тенкĕ хывнă, тăваттăмĕш пилĕкçуллăхра ялхуçалăхне хывнă пĕтĕм укçа-тенкĕпе танлаштарсан, вăл 138 процент пулать. Çак икĕ çул хушшинче колхозсем, МТС-сем, совхозсем 404 пин трактор (15 лаша вăйлă тракторпа шутласа), 228 пин грузовой автомашина, 83 пин тĕштырă комбайнĕ тата ытти техника та нумай илчĕç.

Колхозсемпе колхозниксене обществăлла производствăна аталантарма тата унăн таварлăхне ÿстерме тупăш енĕпе ытларах интереслентерес тесе, тĕштырă, выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем, çĕрулми, пахча çимĕç, йĕтĕн тата кантăр хатĕрлемелли хаксене чылай ÿстернĕ. Çав мерăсене пула тата таварлă продукци ÿснипе пула колхозсен укçан илекен тупăшĕсем 1954 тата 1955 çулсенче 20 миллиард тенкĕ ÿсрĕç.

Машина-трактор станцийĕсенче механизаторсен яланхи кадрĕсене туса хунă, çакă вăл МТС-сене кăтартуллă социализмла предприятисем туса хурас тĕлĕшпе çав тери пысăк вырăнта тăрать. МТС-сенче, колхозсенче, совхозсенче ĕçлеме хуласемпе промышленность центрĕсенчен нумай пин инженерсем, техниксем, партипе совет работникĕсем кайнă. Колхозсене ялхуçалăх специалисчĕсем 120 пин çын ытла янă. Хуласенчен ялсене 20 пин коммунист ытла янă, вĕсене колхоз председательне суйлама сĕннĕ. Партин Центральнăй Комитечĕпе правительство ялхуçалăхне планламалли çĕнĕ йĕрке турĕç, çак йĕрке колхозниксен пуçарăвне çĕклентерсе ячĕ. Совхозсен ĕçне лайăхлатас, ĕлĕкрех тунă совхозсене çирĕплетес тата государствăн çĕнĕ хуçалăхĕсене тăвас тĕлĕшпе кирлĕ мерăсем йышăннă.

Парти ялхуçалăхне малалла аталантарас тĕлĕшпе туса хатĕрленĕ мерăсене пурнăçа кĕртнине пула тĕштырăпа техникăлла культурăсем туса илессине ÿстерес ĕçре малалла пирвайхи пысăк утăм тунă. Ăна çак таблицăран уççăн курма пулать:

**ССР СОЮЗĔНЧЕ ПУХСА ИЛНĔ ТĔШТЫРĂПА ТЕХНИКĂЛЛА КУЛЬТУРĂСЕН ПĔТĔМ ПРОДУКЦИЙĔ**

| | 1950 çул | 1950 çулхипе танлаштарсан, процентпа | | | | |
|---|---|---|---|---|---|---|
| | | 1951 ç. | 1952 ç. | 1953 ç. | 1954 ç. | 1955 ç. |
| Тĕштырă | 100 | 97 | 113 | 101 | 105 | 129 |
| Хĕвелçаврăнăш | 100 | 97 | 123 | 146 | 106 | 207 |
| Сахăр кăшманĕ | 100 | 114 | 107 | 111 | 95 | 147 |
| Çĕр мамăкĕ-сырец | 100 | 105 | 106 | 108 | 118 | 109 |
| Йĕтĕн-долгунец (сÿс) | 100 | 76 | 83 | 64 | 85 | 149 |

Курăнса тăрать, пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхăн малтанхи виçĕ-тăватă çулĕ хушшинче пирĕн тĕштырăпа техникăлла культурăсем туса илесси ÿсменпе пĕрех пулнă пулсан, 1955 çулта, паллă мероприятисем чылай туса ирттернине пула, ялхуçалăх культурисен пĕтĕм тухăçĕ чылай ÿснĕ. 1954 çулхипе танлаштарсан, 1955 çулта çĕршывра тĕштырă туса илесси 22 процент ÿснĕ, хĕвелçаврăнăш—95 процент, сахăр кăшманĕ—54 процент, йĕтĕн сÿсĕ—74 процент ытларах туса илнĕ. Пирĕн çĕр мамăк тухăçлăхĕ ÿсмерĕ. Çакă вăл çĕр мамăк калчине тăм ÿксе сиен тунипе пулчĕ. Чылай районсенче, уйрăмах хура тăпраллă мар тăрăхри районсенче, çĕрулми тухăçĕ пĕчĕк пулнă.

### 1. Тĕштырă хуçалăхĕ—пĕтĕм ялхуçалăх производствин никĕсĕ

Юлташсем! Парти пĕр хут çеç мар çапла кăтартса панă: лайăх аталаннă тĕштырă хуçалăхĕсĕр выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе вăйлатма çук, техникăлла культурăсем ытларах туса илме çук. Анчах пурнăçри çак питех те паха ыйту тĕлĕшпе СССР Ялхуçалăх министерствипе СССР Совхозсен министерствин руководителĕсем, çавăн пекех планлакан органсем пачах тĕрĕс мар çул çинче тăнă. Вăрçă хыççăнхи çулсенче тырпул акакан çĕр лаптăкĕсен структури тĕштырă ытларах туса илес задачăна пурнăçлама пачах юрăхсăр пулнă. Çĕршыври нумай районсенче тĕштырă культурисем акакан çĕр лаптăкĕ чакнă. Курăк акмалли пусă çаврăнăшĕсене йĕркелес ĕçре йăнăшсем тунă. Курăк акмалли çĕрĕç системипе шаблон тăрăх усă курнă, курăксем пысăк тухăç паман районсенче вĕсене миллионшар гектар акнă.

Çаксене пула ĕнтĕ 1953 çулта, революцичченхи вăхăтпа танлаштарсан, тĕштырă питех те нумай кирлĕ пулнă пулин те, тĕштырă культурисем акакан çĕр лаптăкĕ 1913 çулхи чухлĕ тенĕ пекех пулнă.

(Малалли 2-мĕш страницăра).

*) Малалли. Пуçламăшĕ пирĕн хаçатăн 33-мĕшпе 34-мĕш номерĕсенче.

СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН XX СЪЕЗЧĔ

# Н. С. ХРУЩЕВ юлташ доклачĕ

(Малалли).

Государствăна ялхуçалăх продукчĕсем мĕн чухлĕ кирлине пур енĕпе те тĕпчесе пĕлсе, КПСС Центральнăй Комитечĕн январьти Пленумĕ 1955 çулта çакăн пек задача кăларса тăратрĕ: тĕштырă туса илессине кĕске срокра татăклăн ÿстермелле, выльăх-чĕрлĕхĕн тĕп продукчĕсем туса илессине икĕ хут тата унтан та ытларах ÿстермелле.

Ялхуçалăхне малалла аталантарас ĕçре парти йышăннă тăрăх Казахстанра, Çĕпĕрте тата çĕршывăн ытти районĕсенче халиччен сухаламасăр выртнă çĕрсене сухаласа акни уйрăмах пысăк вырăнта тăнă. КПСС Центральнăй Комитечĕ 1956 çул тĕлне 28—30 миллион гектартан кая мар çĕнĕ çĕрсене сухаласа акма задача лартрĕ. Çак задачăна татса пани пирĕн государствăшăн историлле вырăн йышăнса тăрать. Çĕнĕ çĕрсем çĕршыва мĕн параççĕ-ха? Шутласа пăхнă тăрăх, çĕнĕ çĕрсем çинче эпир вăтам шутпа çулсерен 2 миллиард пăтран кая мар тĕштырă туса илме пултаратпăр. Çĕнĕ çĕрсем çинче таварлă тулă нумай туса илсен, эпир Украинăпа Çурçĕр Кавказра кукурузă чылай ытларах акса тума хăюлăнах тытăнатпăр, çапла вара ку районсенче аш-какайпа сĕт туса илессине, çавнашкалах техникăлла культурăсем акса тăвассине нумай ÿстерме пултаратпăр.

Кĕске срокра халиччен сухаламан çĕрсене сухаласа акакан районсене, 15 лашa вăйлĕ тракторпа шутласа, 200 пин трактор, ытла, пинĕ-пинĕпе ытти машинăсемпе хатĕрсем патăмăр.

Парти халиччен сухаламан çĕрсене сухаласа акас тĕлĕшпе туса ирттерекен ĕçсене совет çыннисем хĕрÿллĕ ырласа, пулăшса пычĕç. КПСС Центральнăй Комитечĕ чĕннипе халиччен сухаламан тата нумайччĕн сухаламасăр выртнă çĕрсене сухаласа акма совет патриочĕсем 350 пин çын тухса кайрĕç, вĕсем коммунизм строителĕсене тивĕçлĕ паттăрлăхпа ĕçлесе пычĕç. (Нумайччен алă çупаççĕ).

Парти чĕннипе çĕнĕ çĕрсене сухаласа акнă çĕрте активлă ĕçлекен комсомолецсемпе комсомолкăсене, агрономсене, инженерсене, техниксене, мĕнпур патриотсене Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕ ячĕпе хĕрÿллĕ тав тума ирĕк парăр. Вĕсем вăл шеллемесĕр ĕçленипе пĕтĕм совет халăхĕн юратăвне тата хисепне тивĕçлĕ пулчĕç. (Нумайччен алă çупаççĕ).

Эпир çĕнĕ çĕрсемпе усă курма халиччен йĕркене, ĕççынни-сене майĕпен çĕнĕ районсене йуранма куçарас йĕркене тытăннă пулсан, пире калама çук нумай çын, калама çук нумай укçатенкĕ тата вăхăт кирлĕ пулнă пулĕччĕ. Ун чухне эпир, паллах, икĕ çул хушшинче 30 миллион гектар çĕр сухалас задачăна татса пама пултарайман пулăттăмăр.

Ахăртнех, çĕнĕ пилĕкçуллăхра партин çамрăксене пĕр хут çеç мар çавăн пек чĕнмелле пулать. Пирĕн малашне çĕнĕ районсене алла илмелле, атом вăйĕпе, ăшă вăйĕпе ĕçлекен электростанцисем, гидроэлектростанцисем, заводсем, чугун çулсем тумалла. Пирĕн мухтавлă çамрăксем парти чĕнĕвĕсене малашне те хĕрÿллĕн ырласа йышăнĕç тесе шанса тăма пулать. Çамрăксем коммунизмăн чаплă стройкисенче ĕçлени пирĕн ăрушăн кăна мар, пулас ăрусемшĕн те калама çук пысăк вырăнта тăнине лайăх пĕлеççĕ. (Нумайччен алă çупаççĕ).

Колхозниксем, МТС-семпе совхозсенчи работниксем вăйа шеллемесĕр ĕçленипе пула, рабочи класс çак ĕçе активлă хутшăннипе пула, халиччен сухаламан çĕрсене сухаламалли задачисене чысăн пурнăçланă. 1954—1955 çулсенче халиччен сухаламан тата нумайччен сухаламасăр выртнă çĕрсем районĕсенче 30 миллион гектар çĕр сухаланă, пĕтĕм çĕршыв тăрăх халиччен сухаламан тата нумайччен сухаламасăр выртнă çĕрсене 33 миллион гектар сухаланă. Çакă вăл партине пĕтĕм совет халăхĕн пысăк çĕнтерĕвĕ. (Нумайччен, хăвăллăн алă çупаççĕ).

Çĕнĕ çĕрсемпе усă курни тĕштырă акакан çĕр лаптăкĕсене чылай ÿстерме май пачĕ. 1950 çулта ССР Союзĕнче тĕштырă культурисем 102,9 миллион гектар акнă пулсан, 1955 çулта 126,4 миллион гектар, урăхла каласан, 24 миллион гектара яхăн ытларах акнă.

Хăшпĕр юлташсен çапла ыйтма пултараççĕ: вăхăтран вăхăт уйр çанталăк пулакан районсенчи халиччен сухаламан çĕрсене сухаласа эпир тĕрĕс тăватпăр-и? Тĕрĕслени кăмăлсем çакна кăтартса параççĕ: вăхăтран вăхăт уйр çанталăк пулсан та, Казахстанра, Çĕпĕрте, Уралта тĕштырă хуçалăхне аталантарни тупăшлă тата экономика енчен тĕрĕс. Пилĕк çултан икĕ çулĕнче тырпул лайăх, пĕр çулĕнче вăтам пулсан, икĕ çулĕ уйр тăрсан та, çак условисенче тĕштырă культурисем туса илме укçа-тенкĕ чылай сахалтарах хывнине шута илсен, тĕштырă хуçалăхне тупăшлă тытса пыма тата йÿнĕ тырпул туса илме пулать.

Эпир халиччен сухаламан çĕрсене сухаласа акас тĕлĕшпе тунă ĕçсен итогĕ усçăнах çапла вывод тума май парать: парти çĕнĕ çĕрсене сухаласа акас тĕлĕшпе тытса пыракан çул-йĕр тĕрĕс çул-йĕр пулса тăрать. Вăл, кайна укçа-тенкĕ сахалтарах хывса, кĕске срокра тĕштырă туса илессине чылай ÿстерме май парать.

Халиччен сухаламан çĕрсене сухаласа акас ĕçре Красноярск крайне, Иркутск облаçне, Хабаровск, Приморье крайĕсене асра тытмалла, унта сухаламасăр выртакан лайăх çĕрсем сахал мар. Çакă Инçет-Хĕвелтухăçĕн ялхуçалăх продукчĕсем тĕлĕшĕнчи ыйтăвĕсене вырăнти производство шучĕпе тивĕçтерекен тĕштырă тата выльăх-чĕрлĕх базине тума май парать.

Тĕштырă туса илессине ÿстерес ĕçри интересесен тырпул акакан лаптăксен структурине, тулă, кĕрпе тумалли тата ытти культурăсем акассине сарса пынипе пĕрлех кукуруза акассине татăклăнах ÿстерес шутпа, улăштарма хушрĕç. Шутласа пăхса çакна палăртнă: выльăх-чĕрлĕх апачĕ валли çулталăкне 4 миллиард пăтран кая мар тĕштырă кирлĕ. Кукуруза акса тăвассине татăклăнах ÿстермесĕр эпир çакăн чухлĕ тĕштырă илме пултараймастпăр. Çавăнпа та Центральнăй Комитет кукуруза туса илессине анлăн сарса пыма кирлĕ тесе йышăнчĕ. 1955 çулта кукуруза вунсакăр миллион гектара яхăн, урăхла каласан, 1954 çулхинчен 13,6 миллион гектар ытларах акнă.

Кукуруза туса илессине сарса пыни выльăх-чĕрлĕх валли силос тата концентратлă апат-çимĕç парса тăрассине чылай лайăхлатма май пачĕ. 1955 çулта колхозсем 1954 çулхинчен 17 миллион тонна ытларах силос хывнă, вăл шутра 6 миллион тонна ытла кукуруза пуçĕсене консервласа силос тунă.

Çавна пула колхозсенче сĕт сăвасси, пĕтĕмпе сĕт туса илесси татăклăнах ÿсрĕ. СССР Центральнăй статистика управленийĕн даннăйĕсем тăрăх, юлашки тăватă уйăх хушшинче (1955 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа 1956 çулхи февралĕн 1-мĕшне çитиччен) колхозсенче сĕт суса илесси, 1954—55 çулсенчи çав тапхăрпа танлаштарсан, ССР Союзĕнче илсен 65 процент, Украина ССР-ĕнче—икĕ хут, РСФСР-та—53 процент ÿснĕ, Россия Федерацийĕн, Украинăн тата Казахстанăн уйрăм районĕсенче, Узбек ССР-ĕнче, Азербайджан ССР-ĕнче, Таджик ССР-ĕнче, Туркмен ССР-ĕнче, Молдаван ССР-ĕнче вара сĕт суса илесси икĕ-виçĕ хут тата унтан та ытларах ÿснĕ. Сĕт туса илесси çакăн пек ÿсни совет власĕн никăш çулĕнче те пулман. Инкĕлекмелли çук, çакăнта кукуруза, илемлĕмелли çĕнĕ йĕрке колхозниксене пурлăх тĕлĕшĕнчен хавхалантарассине ÿстерни пысăк вырăн йышăнчĕ.

Кунпа пĕрлех кукуруза туса илеймен районсем те сахал мар. Çакăн сăлтавĕ пĕрре кăна—кукуруза туса илесси çине çав район руководителĕсем сÿрĕккĕн пăхни. Çăмах кунта Белорус, Латви, Литва, Эстони ССР-ĕсенчи, Кострома, Ярославль, Тула тата ытти хăшпĕр облаçĕсенчи чылай районсем çинчен пырать. Ыйтас килет, тен КПСС Центральнăй Комитечĕ çак кăнтăрта ситĕнекен культурăна пĕтĕм Совет Союзĕнче акса тума сĕнсе йăнăш турĕ?

Çук, юлташсем, çакă вăл йăнăш мар. Республика, край, область, район, колхоз, совхоз руководителĕсем çак ĕçе чĕнинпех тăрăшса тунă, кукурузăн уйрăмлăхĕсене шăнкăрсе вĕреннĕ, колхозсемпе совхозсенче кадрсем хатĕрленĕ çĕрте лайăх результатсем пур. Пачах урăхла, кукуруза туса илессине хăй тĕллĕн пулса пырасса шанса ларнă çĕрте пĕчĕк тухăçлă кукуруза туса илнĕ.

Пысăк тухăçлă кукуруза туса илнĕ колхозсем кашни облаçрах пур. Кукуруза çĕнĕ культура пулса тăракан тата ăна пысăк лаптăксем çине акнă районсенчи уйрăм тĕслĕхсене илсе кăтартатăп.

Чăваш АССР-ĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз 1955 çулта 240 гектар кукуруза акнă. Вăл шутра 70 гектарĕ çинчен кукурузăна симĕсле çитерме çулса илнĕ; 170 гектарĕ çинчен пысăк тухăçлă кукуруза тунисемпе ăвăс пек пулса çитнĕ кукуруза пуçĕсене пустарса кĕртнĕ, вăл колхоза сакăр пин тонна силос хывма май панă.

Мускав облаçĕнчи «Петровское» совхозра вăтам шутпа кашни гектартан 295-шер центнер кукуруза тунисемпе пуçĕсене туса илнĕ, 15,5 гектар çинчи тухăçлăх вара 402-шер центнер пулнă, çав шутра 5 гектартан 750-шар центнер илнĕ.

Белорус ССР-ĕнчи «Рассвет» колхозра 1955 çулта 500 гектар çинчен кукуруза тунисемпе пуçĕсене вăтам шутпа 350-шар центнер пухса кĕртнĕ.

Фактсем çакна çирĕплетсе параççĕ: çĕршывăн мĕнпур зонăсенче кукуруза пысăк тухăçлă пулма пултарать, тухăçлăх енчен тата кашни гектар çинчен туса илекен апат-çимĕç единицисен хисепĕ енчен илсен, ăна акса тума кирлĕ вăйпа тÿлес енчен илсен кукурузăпа танлашакан урăх культура çук. Çавăнпа та вăл е ку районсемпе колхозсенче кукуруза акса тунă чухне мĕнле йăнăшсем тунине, хăшпĕр колхозсемпе совхозсенче вăл мĕншĕн пĕчĕк тухăçлă пулнине тĕплĕн тишкерсе тухмалла тата 1956 çулта кашни колхозпа совхозра пысăк тухăçлă кукуруза туса илес тесе халех пĕтĕм вăйпа çураки хатĕрленме, уйрăмах кадрсене вĕрентме тытăнмалла.

Çĕрĕçĕнчи пирĕн тĕп задача çакăнта пулать: тырпул тухăçлăхне ÿстерме тата çĕнĕ çĕрсемпе усă курассине малалла сарса пынă имĕç çинче улттăмĕш пилĕкçуллăх вĕçленнĕ тĕле кашни çул 11 миллиард пăт таран тĕштырă туса илмелле, техникăлла культурăсемпе çĕр улмине, сахăр кăшманне, пĕтĕм, катăр, хăмлаçерăнăш акакан лаптăксене сарса пымалла тата вĕсен тухăçлăхне чылай ÿстермелле, çавăн пекех çĕрулмипе пахча çимĕç туса илессине татăклăнах вăйлатмалла. Эпир ситес икĕ çул хушшинче çĕршыва пысăк пахаллăхлă çĕрулмипе пахча çимĕç çителĕклĕ парса тăрас задачăна татса пама пултаратпăр тата çапла тума тивĕçлĕ те.

Садсем, виноградниксем лаптăкĕсене тата çырла çимĕç лартакан лаптăксене ÿстермелле. Вăрман тăрăхĕсем лартассине сарса пымалла, çак ĕçе пирĕн çамрăксене активлăн хутшăнтармалла. Ирригацилле ĕçсен малăшне ÿстерни те кирлĕ, унпа пĕрлех шăварса тăракан тата шурлăхсенчен типĕтнĕ çĕрсемпе усă курассине те лайăхлатмалла.

Партин Центральнăй Комитечĕ минераллă удобренисем, çавăн пекех çумкурăксене тата ялхуçалăх культурисене сиенлекен хурт-кăпшанкăсемпе чĕрчунсене пĕтерме химилле япаласем туса кăларассине ÿстерме кирлĕ тесе шутлать. Пирĕн малалла та çĕрĕç культурине ÿстермелле, малта пыракан агротехникăна, тĕрĕс пуçă çаврăнăшĕсене çине тăрса ĕçе кĕртмелле, ялхуçалăх ĕçĕсен срокĕсене кĕскетсе пымалла, çав майĕс çинче вара çĕршывăн мĕнпур районĕсенче тĕштырă тата техникăлла культурăсен тухăçлăхне ÿстермелле.

## 2. Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе малалла вăйлатмалли задачăсем

Юлташсем! Парти уйне юлашки вăхăтра тухса тăнă чи йывăр тата çав вăхăтрах вăраха ямасăр татса памалли задачăсенчен пĕри вăл выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе малалла вăйлатас, выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем туса илессине тата хатĕрлессине ÿстерес задача пулать. КПСС Центральнăй Комитечĕпе Правительство выльăх-чĕрлĕх йышне нумайлатас тата унăн тухăçлăхне ÿстерес тĕлĕшпе экономикăлла тата организациле ĕçсен пысăк системине туса хатĕрлерĕç, ăна пурнăçласа пыраççĕ.

КПСС Центральнăй Комитечĕпе Совет правительстви выльăх-чĕрлĕх ĕрчетессине аталантарас ĕçре колхозниксене пурлăх тĕлĕшĕнчен хавхалантарассине ÿстерме кирлĕ тесе йышăнчĕç. Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçсене механизацилемелли, выльăх-чĕрлĕх валли çуртсем тумалли анлă плана йышăннă тата ăна практикăра пурнăçласа пыраççĕ. Парти вырăнти организацисен выльăх-чĕрлĕх хуçалăхĕн татса паракан участокĕсене кадрсемпе çирĕплетес тĕлĕшпе пысăк ĕçсем туса ирттерчĕç.

Саксем вĕсем пурте лайăх результатсем патне илсе пымасăр тăма пултараймаç тата чăннипех лайăх результатсем патне илсе пычĕç. Пирĕн выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç мĕнле пынине кăтартакан хăшпĕр даннăйсене пăхтарма ирĕк парăр.

### ССР СОЮЗĔНЧИ ПРОДУКТИВЛĂ ВЫЛЬĂХ-ЧĔРЛĔХ ЙЫШĔ

| | 1950 çул | 1950 çулхипе танлаштарсан, (процентпа) 1951 ç. | 1952 ç. | 1953 ç. | 1954 ç. | 1955 ç. |
|---|---|---|---|---|---|---|
| Ĕнесем | 100 | 102 | 100 | 107 | 118 | 120 |
| Майракаллă шутра выльăхăн пĕтĕм йышĕ | 100 | 103 | 99 | 110 | 114 | 117 |
| Сысналсем | 100 | 111 | 117 | 195 | 210 | 214 |
| Сурăхсем | 100 | 110 | 114 | 139 | 142 | 151 |

### ССР СОЮЗĔНЧЕ ВЫЛЬĂХ-ЧĔРЛĔХĔН ТĔП ПРОДУКЧĔСЕНЕ ТУСА ИЛЕССИ

| | 1950 çул | 1950 çулхипе танлаштарсан, (процентпа) 1951 ç. | 1952 ç. | 1953 ç. | 1954 ç. | 1955 ç. |
|---|---|---|---|---|---|---|
| Аш-какай (пуснă хыççăнхи виçепе) | 100 | 96 | 105 | 120 | 129 | 130 |
| Сĕт | 100 | 102 | 101 | 103 | 105 | 119 |
| Çăм | 100 | 107 | 122 | 130 | 128 | 142 |
| Çăмарта | 100 | 118 | 123 | 137 | 147 | 154 |

Пирĕн çĕршывăн выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе калама çук пысăк резервсем пур. Колхозсемпе совхозсенче çине тăрса организаторла ĕçе сарса ярсан, пĕр-ик çул хушшинче çав тери пысăк результатсем тума пулать. Сăмахран, сысна ĕрчетес ĕçе илер. Илсе кăтартнă даннăйсенчен курăнать ĕнтĕ, пилĕкçуллăхăн малтанхи икĕ çулĕнче пирĕн сыснасем йышĕ питĕ сахал ÿсе пынă. Анчах та сысна ĕрчетес ĕçе аталантарас тĕлĕшпе конкретлă мерăсем йышăннă хыççăн, сыснасен йышĕ юлашки икĕ çул хушшинче нумай ÿсрĕ. Юлашки тăватă уйăх хушшинче (1955 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа 1956 çулхи февралĕн 1-мĕшне çитиччен) колхозсем, 1954—1955 çулсенчи çав тăватă уйăхрипе танлаштарсан, государствăна сыснасем 62 процент нумайрах панă тата сутнă. Колхозсем сыснасем нумайрах самăртма тытăнчĕç. 1956 çулхи февралĕн 1-мĕшĕ тĕлне колхозсенче, 1955 çулхи февралĕн 1-мĕшĕ тĕлне нуннипе танлаштарсан, сыснасене самăртма виçĕ хут ытла нумайрах тăратнă. Выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем туса илессине ÿстерес тĕлĕшпе палăртакан программа ăнăçлă пурнăçланĕ тесе шутлама пур сăлтавсем те пур.

Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе вăйлатас тĕлĕшпе туса ирттермелли ĕçсен шутĕнче выльăх апачĕ туса илессине ÿстерес задачăсем уйрăмах пайлă вырăн йышăнаççĕ. Çакăн пек задача тăрать: тĕштырă туса илессине тата кукуруза туса илессине пур майсемпе те сарса пынипе пĕрлех,—ку вăл тĕп ĕç пулса тăрать,—нумай çул ÿсекен курăксем, сăмахран, клевер, люцерна тата ыттисене акас ĕçе аталантармалла. Паллах ĕнтĕ, нумай çул ÿсекен курăксене тата вĕсен хутăшĕсене, пучахлисене те, пăрçа йышши курăксене те, суйласа илнĕ чухне çав зонăра пуринчен усăллăрах культурăсене акас тесе условисене шута илмелле. Çавăн пекех пĕр çул ÿсекен курăксем, сăмахран, хăнтăрти районсенче—судан курăкĕпе сорго, вăтаçĕрти районсенче—викăпа сĕлĕ хутăшĕ акас ĕçе аталантармалла, викăпа сĕлĕ хутăшне çĕртме пуссине акни уйрăмах хаклă.

Хăшпĕр юлташсем курăк акас ĕç çине тĕрĕс мар пăхнине палăртас пулать. Çакăн пек фактсем пур: тăхçантанпах клевер акса тăвакан районсенчен клевера хĕссе кăлараççĕ. Курăксем акас ĕç çине çавăн пек пăхни вăл парти кăтартса панисене хирĕç пырать. КПСС Центральнăй Комитечĕн февральпе мартри Пленумĕ хăйĕн паллă решенийĕпе курăк акнине мар, нумай çул ÿсекен курăксем акас ĕç çине шаблонла пăхнине, вĕсене типĕ çанталăк тăракан районсенче, питĕ пĕчĕк тухăçлă пулакан районсенче миллионшар гектар акнине сивлерĕ. Курăк акас ĕç çине шаблонла пăхнине татăклăн сивлесе, кунпа пĕрлех, парти çакна кăтартса пачĕ: нумай çул тата пĕр çул ÿсекен курăксем пысăк тухăçлă пулакан районсенче вĕсене акмалла тата утă туса илессине ÿстермелле.

Руководитель пур майсемпе те усă курать тата выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем туса илессине хăварт вăйлатма выльăхсем валли апат,—фураж та, сĕтеклĕ апат та,—çителĕклĕ хатĕрлет пулсан, ун пек руководитель лайăх. Çак вăхăтрах пирĕн колхозсемпе совхозсен çакăн пек руководителĕсем те пур-ха: вĕсем, выльăх апачĕ туса илессишĕн пĕтĕм вăя хурас вырăнне, тĕрĕс мар çул çине тăраççĕ, государствăран нумайрах выльăх апачĕ илме тăрăшаççĕ, тата, продуктсен хакĕсене пĕтĕмпе усă курса, магазинсенче çăкăр, кĕрпе тата ытти продуктсем туянса выльăха тăрантараканнисем те сахал мар. Ку ĕнтĕ вăл производствăлла ĕç мар, спекуляцилле ĕç.

Акă фактсенчен пĕри. Мускав çывăхĕнчи пĕр колхоз председателĕ выльăх апачĕ хатĕрлес тĕлĕшпе купикĕ колхозникран бригада-организацилерĕ, вĕсене укçа-тенкĕ, михĕсем, автомашина панă. Ку бригада выльăх апачĕ хатĕрлет, анчах колхозăн уй-хирĕсенче мар, Мускаври магазинсенче. Вăл кайăк-кĕшĕкпе выльăх-чĕрлĕх валли хуратул кĕрпи, вир кĕрпи, урпа кĕрпи, çăкăр, çĕпре тата ытти продуктсем сутăн илет.

Ку вăл пĕрре кăна пулса иртнĕ ĕç мар. Çавнашкал «коммерсантсем» хăйсен ĕçĕсемпе пысăк сиен кÿреççĕ, мĕншĕн тесен вĕсем выльăх-чĕрлĕх ĕрчетессине вăйлатас ĕçри пирĕн майсене чакараççĕ. Вĕсем ытлашши вăй хумасăрах ыттисен шучĕпе мала тухасшăн. Кунта Гоголь çырса кăтартнă Пацюка аса илес мар-ха, унăн çăварне хуран куклисем хăйсемех пырса кĕнĕ. «Раштав умĕнхи каç» повеçре Гоголь ку картинăна çапла ÿкерсе кăтартать: «...Пацюк çăварне карчĕ, хуран куклисем çине пăхрĕ те çăварне тата ытларах карчĕ. Çав вăхăтра хуран кукли чашăкран ыткăнса тухрĕ те хăйма çине ÿкрĕ, ÿкрĕ те тепĕр енне çаврăнса пăртрĕ, унтан вара çÿлелле сиксе илсе тÿрех ун çăварне лекрĕ. Пацюк çисе ячĕ те каллех çăварне карчĕ, хуран кукли вара каллех, унчченхи пекех, çăварне пырса лекрĕ. Пацюкăн ĕнтĕ чăмласа çăтасси çеç пуçне урăх ним ĕç те çук». (Залра кулнисе илеççĕ).

Анчах та Пацюкпа ку ĕç раштав умĕнхи каç пулса иртнĕ, пирĕн кучуххехи пацюксем вара хăйсен çăварне кашни кун хуран куклисем пырса ÿкчĕрччĕ тесе шутлаççĕ, тата хăйсем, ситнеççи çине, хисеплĕ çын шутланаççĕ.

Кунта тата çакăн çинчен калани те вырăнлă пулать: çавăн пек «коммерцие» ытларах хула çумĕнчи колхозсенчи тÿрĕ кăмăллă мар колхозниксем пĕр пайĕ тата хула çывăхĕнче пурăнакан, нисте те ĕçлемен çынсем тăваççĕ. Вĕсем магазинсенче çăкăрпа ытти продуктсем туянса выльăха тăрантараççĕ, кайран вара рынокра выльăх-чĕрлĕх продукчĕсене магазинринчен пысăкрах хакпа сутаççĕ. Спекулянтла элементсене хирĕç кĕрешĕве вăйлатни кирлĕ, вĕсем, чылай вырăнсенче хăшпĕр продуктсем халăха кирлĕ чухлĕ çителĕклĕ пулманнипе усă курса, тÿрĕ кăмăллă çынсен шучĕпе, государство шучĕпе пуяççĕ.

Юлташсем! Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе пирĕн тĕп задача—кашни 100 гектар çĕр пуçне выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем туса илессине пур майсемпе те ÿстересси. Чи малтанах общественнăй выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе аталантарни кирлĕ, çакă вăл колхозсен тупăшĕсене чылай ÿстерме, колхозниксен материальнăй пурнăçне лайăхлатма, çĕршывра халăха аш-какай, сĕт тата ытти продуктсем пахса тăрассине лайăхлатма май парать. Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре лайăхлатассин, майракаллă шутра выльăхсен шутĕнче ĕнесен хисепне ÿстерессин, сĕт выльăхĕн тухăçлăхне чылай ÿстермелле тăвасси çине тата сыснасем самăртассине организацилес ĕç çине—аш-какай туса илессине хăвăрт ÿстермелли çăлăвç çине уйрăмах тимлĕ пăхмалла. Воронеж облаçĕнчи ялхуçалăх работникĕсем чаплă пуçару турĕç: вĕсем улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсен проектĕнче аш-какайпа сĕт-çу туса илессине ÿстерес тĕлĕшпе партнă задачăна срокчен пурнăçлама, аш-какай туса илессине пилĕк çул хушшинче мар, пĕр çулталăкрах икĕ хут ÿстерме, сĕт туса илессине çулталăк çурăрах икĕ хут ÿстерме пулчĕç. Иккĕлenмелли çук, выльăх-чĕрлĕхĕн тĕп продукчĕсене туса илес тĕлĕшпе улттăмĕш пилĕкçуллăх задачийĕсене икĕ çулта, нумайран виçĕ çулта пурнăçлас тесе, ытти облаçсем, крайсемпе республикăсем те Воронеж облаçĕнчи работниксен патриотла пуçарăвне йышăнса илĕç. (Нумайччен алă çупаççĕ).

Ĕç интересĕсем вĕтĕ çămлă, çурма вĕтĕ çămлă сурăхсем, ашпа çăмшăн, тиршĕн усракан сурăхсем ĕрчетес ĕçе пĕрмай аталантарса пыма хушаççĕ, çапла вара пахa çăм пир-авăр, караkуль тирĕсем, лайăх полушубкăсем, çăматăсем нумайрах пулччăр.

Колхозсемпе совхозсенче чăхсем, кăвасем, кăвакалсем нумайрах усрамалла; пăвесемпе кÿлĕсенче пулă ĕрчетмелле; кроликсемпе пыл хурчĕ ĕрчетес ĕç çине тимлĕ пăхмалла.

Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетессине аталантарас ĕçри мĕнпур йывăрлăхсене пĕтернĕ ĕнтĕ тесе шутлани тĕрĕс мар тата чăннипех сиенлĕ пулнă пулĕччĕ. Çук, юлташсем, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе халăхăн ÿсе пыракан ыйтăвĕсене тивĕçтерекен шая çĕклес тесен, колхозниксем, МТС-семпе совхозсенчи работниксем, ялхуçалăх специалисчĕсем тата нумайрах вăй хурса ĕçлени кирлĕ-ха.

## 3. Ялхуçалăхне механизацилени

Юлташсем! Пирĕн социализмла индустри ялхуçалăхне кучухнехи машинăсем миллионшар парса тăрать. Çĕнĕ техникăна ĕçе кĕртсе пынă никĕс çинче ялхуçалăх ĕçĕсене механизацилесси ÿсе пырать. Уй-хирти чи кирлĕ ĕçсене механизацилес проблемăна эпир татса панă. Çакă вăл совет халăхĕн пысăк çĕнтерĕвĕ. Халĕ ĕнтĕ уйрăм ĕçсене механизациленинчен пĕтĕм ялхуçалăх производствине, вăл шутра выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе те, комплекслă майпа механизацилессине кĕске срокрах пурнăçлас задача сивĕччĕн тухса тăчĕ. Çак условисенче машина-трактор станцийĕсен ролĕ татах та ытларах ÿсет. Юлашки икĕ çул хушшинче МТС-сен ĕçне тĕпренех лайăхлатас тĕлĕшпе чылай мерăсем йышăннă.

Икĕ миллион çынна яхăн трактористсене, комбайнерсене, шоферсене, машинăсен юсакан специалистсене тата ытти механизаторсене МТС-сен яланхи рабочисен штатне кĕртнĕ. МТС-сенче ĕçлеме промышленносран çирĕм тăхăр пин инженерпа техника анă. Çакă МТС-сен ĕçне вăштах лайăхлатма май пачĕ. Анчах МТС-сен ĕçĕ кучухнехи ыйтусене пур енчен те тивĕçтерет теме май çук-ха.

Опыт çакна кăтартса парать: социализмла производствăн пур отраслĕсенче те хуçалăх расчечĕ пĕрремĕш вырăн йышăнса тăрать. Çав вăхăтрах хуçалăха тытса пымалли çак тĕрĕсленнĕ меслетпе МТС-сенче усă курмаççĕ, МТС-сене государство бюджетĕнчен укçа-тенкĕ парса тăмалли хальхи вăхăтри йĕрке ответсăрлăх туса хурать тата контроль тăвассинчен хăтарать. МТС-сенчи нумай работниксем машина-трактор станцийĕсен экономикăлла кăтартăвĕсене тĕплĕн тишкерсе вĕренмессĕ, машинăсемпе лайăхрах усă курассишĕн кирлĕ пек тăрăшмаççĕ. Хуçалăх ĕçĕсен результачĕсене пăхса тăмасăрах МТС-сене укçа-тенкĕ параççĕ, МТС работникĕсене ĕçшĕн тÿлесси вĕсем машинăсемпе тĕрĕс усă курнинчен, колхозсенче ялхуçалăх культурисен тата выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхĕнчен килмест.

Çывăх çулсенче машина-трактор станцийĕсене майĕпен хуçалăх расчечĕ çине куçарни усăллă пулмалла. Паллах ĕнтĕ, çĕршыври мĕнпур МТС-сем валли пĕр пек измерительсемлĕ хуçалăх расчечĕн системине тума май çук. Зонăсен уйрăмлăхĕсене кура, зонăсенче вара—районсен уйрăмлăхĕсене кура хуçалăх расчечĕн усăллăрах системине тумалла. Çакă МТС работникĕсен активлăхне, ялхуçалăх производствине çĕклессишĕн вĕсен ответлăхне ÿстерет.

МТС-сен ĕçне лайăхлатнипе пĕрлех пирĕн Ялхуçалăх министерствисен, çавăн пекех Трактор тата ялхуçалăх машиностроенин министерствин техникăлла политикине хытах тÿрлетмелле. Çак министерствăсен руководителĕсем çĕршывăн анлă территорийĕнче пур çĕрте те пĕр пек тракторсем, комбайнсем, çĕр ĕçлемелли ытти хатĕрсем кирлĕ тесе шутлаççĕ. Кубанĕн анлă çеçенхирĕсемпе Çурçĕр-Хĕвеланăçĕнчи е Балтика тăрăхĕнчи республикăсенчи пĕчĕк участоксем валли пĕр йышши гусеницăллă йывăр тракторсемех, кăкармалли тата самоходнăй комбайнсемех туса кăлараççĕ. Çакă вăл тĕрĕс мар. Çĕршывăн тĕп зонисенчи уйрăмлăхсене шута илсе машинăсен системисене тума вăхăт çитрĕ ĕнтĕ.

Вăрçă умĕнхи тапхăрта тата вăрçă хыççăнхи малтанхи çулсенче çурçĕр-хĕвеланăçĕнчи тата ытти облаçсенче урапаллă тракторсене пысăк ăнăçлăхпа усă курнă. Юлашки вăхăтра урапаллă тракторсем туса кăларасси чылай чакрĕ, çав вăхăтрах пире урапаллă тракторсем гусеницăлла тракторсенчен ытла мар пулсан, сахал мар кирлĕ, уйрăмах пневматикăлла, кирек хăш çĕрте те ĕçлеме пултаракан тракторсем кирлĕ. Вĕсене тума, уйрăмах усă курма тата юсама ансат тата йÿне пулать.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра çĕр ĕçлес тата ялхуçалăх культурисем акса тăвас ĕçре пĕтĕмпех çакăнса пыракан хатĕрсемпе усă курма тытăнмалла. Кăкармалли хатĕрсене çакăнса пыракан тума май çук пулсан (сăмахран, йывăр плугсене) вĕсем валли заводсен ятарласа трактористсене прицепщиксемсĕр ĕçлеме май паракан приспособленисем туса кăлармалла. Çакăнса пыракан хатĕрсемпе ĕçлеме тытăнни çĕршыв пин прицепщиксене ĕçрен хăтарма, машинăсем тума каякан металăн расходне 40—50 процент пĕчĕклетме, горючи тăкаклассине чакарма тата ĕç тухăçлăхне ÿстерме май парать.

Çывăх çулсенче тĕштырăн тĕп районĕсенче тырпула çулса пултарса пухса кĕртме тытăнас шутпа тырпула çулса пултарса пухса кĕртмелли машинăсем тăвассине анлăн сарни кирлĕ.

Уйрăмах колхозсене, МТС-сене тата совхозсене электрификацилесси çине тимлĕн пăхмалла. Вĕсене электрификацилени ялхуçалăхне механизацилемелли паллă условиi пулса тăрать. Çак задачăна татса пама эпир чăнципех, государствăна кирлĕ анлăхпа тытăнман-ха. Вăл çеç те мар, колхозсемпе совхозсене электрификацилес ĕç çине тĕрĕс мар пăхни те пулнă. Экономика тĕлĕшĕнчен усăллă, техника тĕлĕшĕнчен йывăр мар çĕртех колхозсемпе совхозсене энерги системисенчен электричество вăйĕ илсе тăма чарни те пулнă. Пирĕн работниксен колхозсемпе совхозсене электрификацилес ĕçе çĕршыва электрификацилемелли пысăк планăн уйрăлми пайĕ тесе шутламалла.

Ленин çĕршывра электричество станцийĕсем туса тухма ирĕн çинчен калани чухне вăл государствăн пысăк энергосистемисене тăвассине кăна мар, ялсенче нумай электростанцисем тăвассине асра тытнă. Мĕнле майпа çак задачăна татса памалла-ха? Хальхи вăхăтра колхозсемпе совхозсем хăйсем пĕчĕк станцисем лартаççĕ, анчах вĕсен пур чухне те производствăна электрификацилемелли проблемăна техника тĕлĕшĕнчен тĕрĕс татса пама май çук. Темиçе колхоз пĕрлешсе колхозсенче, районсенче е темиçе район пĕрле электростанцисем тăвассине сарса ямалла. Çĕршывăн ку е тепĕр зонин уйрăмлăхне шута илсе, типовой электростанцисен проекчĕсене туса хатĕрлемелле. Çĕр айĕнче газ пур çĕрти станцисем газпа ĕçлеме пултараççĕ, теприсем—торфпа, виççĕмĕшсем—çĕр кăмрăкĕпе. Гидроресурссем пур çĕрте, паллах, гидроэлектростанцисем тумалла.

Ыйту тухса тăрать: камăн тата мĕнле укçа-тенкĕпе çав станцисене тумалла? Çав станцисене республикăсенчи организацисем кооперативла йĕрке тăрăх колхозсен укçи-тенкипе тусан тĕрĕс пулнă пулĕччĕ. Государство планĕсенче вара колхозсем тата районсем пĕрле тунă станцисене топливăпа ытти материалсем парса тăрассине палăртмалла. Эпир халĕ ялхуçалăхне электрификацилес тĕлĕшпе тумалли ĕçсене вĕçлемелли срокĕсене палăртма пултараймастпăр. Госпланăн тата çак ĕçпе ĕçлекен министерствăсен ку ыйтăва тĕплĕн тишкерсе тухмалла, республикăпа облаçсенчи конкретлă сĕнÿсем илмелле тата çав сĕнÿсем тăрăх колхозсене, МТС-сене тата совхозсене электрификацилемелли пĕтĕмĕшле план туса пăхса тухма правительствăна тăратмалла.

## 4. Совхоз производствине аталантарасси çинчен

Ялхуçалăхне малалла аталантарас тĕлĕшпе вăраха хăвармасăр татса памалли задачăсене пурнăçа кĕртсе пына май, пирĕн социализмлă ялхуçалăхĕн чи çулти форми пулса тăракан совхозсене аталантарасси çине уйрăмах тимлĕн пăхмалла.

Партин Центральнăй Комитечĕ кивĕ совхозсене çирĕплетес тата çĕнĕ совхозсем тăвас тĕлĕшпе паллă мерăсем йышăнчĕ. Юлашки икĕ çул хушшинче çĕнĕрен 581 пысăк совхоз, çав шутра халиччен сухаламан çĕрсем çинче 425 совхоз тунă; СССР Совхозсен министерствин совхозĕсем акакан çĕрсен лаптăкĕ 10,5 миллион гектар ÿсрĕ, 1955 çулта 24,5 миллион гектара çитрĕ, çав вăхăтрах тĕштырă культурисем акакан çĕрсен лаптăкĕ 2,4 хут ÿсрĕ. Çавна пула халĕ государство совхозсенчен, 1950 çулхипе танлаштарсан, чылай нумайрах тĕштырă илет. Совхозсем выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем, çĕрулми тата пахча çимĕç парса тăрассине чылай ÿстерчĕç.

Хальхи вăхăтра совхозсенче тĕштырă туса илессине ÿстернипе пĕрлех совхозсенче çĕр мамăкĕ, сахăр кăшманĕ тата ытти ялхуçалăх культурисем акса-тăвассине анлăрах сарса ямалла. Тĕштырă тата ытти культурăсем туса илме хăйсен пахалăхĕпе начартарах, анчах выльăх-чĕрлĕх ĕрчетме юрăхлă халиччен усă курман çĕрсем çинче выльăх-чĕрлĕх ĕрчетекен, уйрăмах сурăх ĕрчетекен, совхозсем тумалла. Зонăсенчи уйрăмлăхсене шута илсе, çĕр гектар çĕр пуçне продуктсем туса илессине планăн никĕсне хурса, совхозсенче планламалли системăна улăштарсан лайăхрах пулмалла. Çакă совхозра туса илекен продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетес задачăна чăннипех татса пама тата кашни совхоза пысăк тупăш паракан предприяти тума май парать.

(Малалли 3-мĕш страницăра).

СОВЕТ СОЮЗӖНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙӖН XX СЪЕЗЧӖ

# Н. С. ХРУЩЕВ юлташ доклачӗ

(Малалли).

## 5. Вӑрлӑх тӑвасси—ялхуҫалӑхне ҫӗклентермелли пысӑк май

Вӑрлӑх акса тӑвас ӗҫе тӗрӗс туса пыни ялхуҫалӑхне ҫӗклес ӗҫре пысӑк вырӑн йышӑнса тӑрать. Вӑрлӑх акса тӑвас задачӑна пысӑк хуҫалӑх условийӗсенче татса пама йывӑрах мар пек туйӑнать пулсан та, пирӗн ҫак ӗҫ питӗ япӑхса кайнӑ. Ҫак задачӑна татса паманни вӑрлӑх акса тӑвас ыйтӑва ялхуҫалӑх работникӗсем тивӗҫлипе хакламанниччен кӑна килнӗ.

Ӑнланса илмелле ӗнтӗ, вӑрлӑх акса тӑвас ӗҫе тӗрӗс организацилемесӗр ялхуҫалӑх культурисен тухӑҫлӑхне кирлӗ пек ӳстерме май ҫук. Ҫак ыйтӑва татса памаллах. Вӑрлӑх акса тӑвас ӗҫе, тӗпрен илсен, малта пыракан совхозсен аллине парсан тата райсемхозсен ӗҫне лайӑхлатсан, ҫак ыйтӑва хӑвӑрт татса пама пулать. Кашни совхоза тата райсемхоза зонӑсем уйӑрса памалла, вӗсем ҫав зонӑсенче вӑрлӑх тӑвас ӗҫшӗн, сыхӑхри колхозсене вӑрлӑх парса тӑрассишӗн ответлӑ пулмалла.

Уйрӑмах кукурузӑн гибридлӑ вӑрлӑхне тӑвасси ҫинчен каламалла. Ку тӗлӗшпе пирӗн ҫӗршыври ялхуҫалӑхӗ ытти хӑшпӗр ҫӗршывсенчен кая юлнӑ. Кая юлни вӑл гибридизаци пӗлтерӗшне ялхуҫалӑх работникӗсем ӑнланса илменнинчен кӑна килмен. Гибридлӑ вӑрлӑхсем тӑвас тӗлӗшпе пирӗн учепӑйсемпе малта пыракан хуҫалӑхсем тахҫантанпах ӗҫлеҫҫӗ, пирӗн хамӑрӑн гибридсен паха тӗсӗлӗхӗсем пур. Анчах ялхуҫалӑх органӗсем ку ӗҫе кирлӗ пек организацилемен, савна пула пирӗн кукурузӑн гибридлӑ вӑрлӑхне США-ран туянма тивет. Вӑрҫӑ хыҫҫӑн американецсем пӗтӗмпе тенӗ пекех кукурузӑн гибридлӑ вӑрлӑхне акма тытӑнчӗҫ. Ҫавна пула кукуруза тухӑҫлӑхӗ США-ра кашни гектар пуҫне 15 центнертан 25—27 центнера ҫити ӳсрӗ. США-ра вӑрлӑх акса тӑвас тӗлӗшпе ятарласа ӗҫлекен компанисем пур. Вӗсем уйрӑм зонӑсем валли гибридлӑ вӑрлӑхсем туса хатӗрлеҫҫӗ—кукуруза ҫитӗнтереҫҫӗ, ӑна пуҫхса кӗртеҫҫӗ, типӗтеҫҫӗ, вӑрлӑха вӗтти-шултрине кура тата формине кура сортлаҫҫӗ, михӗсене тултараҫҫӗ, фермерсене сутаҫҫӗ. Ҫакӑ вӑл паха опыт, унпа пирӗн усӑ курма тӑрӑшмалла. Задача ҫакӑнта пулать: селекци ӗҫне лайӑхлатас тесен, кукурузӑн гибридлӑ вӑрлӑхне акса тӑвасине анлӑн организацилемелле, ҫакӑн пек вӑрлӑхсем хатӗрлекен заводсем тумалла, вӗсем валли техника, кадрсем уйӑрмалла, пӗр сӑмахпа каласан, кукурузӑн гибридлӑ вӑрлӑхне туса илмелли проблемӑна татса памалла.

## 6. Колхозсенчи строительство ҫинчен

Юлташсем! Партипе совет организацийӗсен ялти строительство ыйтӑвӗсем ҫине тимлӗнрех пӑхма кирлӗ вӑхӑт ҫитрӗ. Пире пурне те ҫакӑ паллӑ: ял ӗмӗр-ӗмӗртенпе хуҫалӑхпа культура тӗлӗшӗнчен кая юлса пыни юлашкисем, иртнӗ вӑрҫӑ вӑхӑтӗнче арпатса хӑварнин результачӗсем халӗ те ытла палӑрса тӑраҫҫӗ-ха. Колхозниксен пурнӑҫне йӑла условийӗсене тӗпрен лайӑхлатас тӗлӗшпе нумай ӗҫлеме тивет-ха, вӗсен хӑшпӗр пайӗ начар ҫуртсенче пурӑнать-ха. Ялӑ нумай районсенче ҫулсем начар, ку вӑл авалхи пурнӑҫӑн юлашкийӗ, унпа килӗшсе пурӑнма ҫук. Паллах ӗнтӗ, производствӑна аталантарас интерессем ялан пӗррем вырӑнта тӑмалла. Ҫавӑнпа пӗрлех производство ӳсет пынӑ никӗс ҫинче, колхозсен обществӑлла хуҫалӑхӗ вӑйланса пынӑ никӗс ҫинче пурӑнмалли ҫуртсемпе культура ҫурчӗсем тӑвассине анлӑ сарма условисем лайӑхланса пыраҫҫӗ. Халӗ пирӗн хуҫалӑха вӑйлатас тӗлӗшпе пысӑк ҫитӗнӳсем тунӑ, пысӑк тупӑш илнӗ колхозсем пиншерӗн шутланаҫҫӗ. Ҫакӑн пек колхозсем кимӗрен малтан колхозсенче обществӑлла ҫурт-йӗрсем, ача сачӗсем, ача ҫуратмалли ҫуртсем, клубсем, мунчасем, ватӑлса ситнӗ колхозниксем валли ҫуртсем, пекарньӑсем лартас ӗҫе анлӑ сарма пӑха мар, колхозниксене пурӑнмалли ҫуртсем лартма та, йӑла условийӗсене лайӑхлатма та нумай пулӑшма пултараҫҫӗ.

Пурӑнмалли ҫуртсене колхозниксен хӑйсен укси-тенки шучӗпе лартмалла. Вуншар тата ҫӗршер пин колхозниксен семйисен тупӑшӗсем халӗ вӗсене лайӑх та хитре ҫуртсем лартма май параҫҫӗ, ҫапах та колхозник пур чухне те ҫурт лартма вӑй ҫитереймест-ха, уйрӑмах вӑл строительство материалӗсем туянаймасть. Апла пулсан, колхозсене строительство материалӗсем вырӑнтах туса хатӗрлес ӗҫе организацилеме пулӑшма пулать.

Кунпа пӗрлех-район работникӗсем те строительство материалӗсем туса кӑларассине техника тӗлӗшӗнчен ҫӳлӗрех шайра организацилемелле. Ун чухне материалсем лайӑхрах, йӳнерех пулӗҫ, чи пахи вара—вӗсем нумайрах пулӗҫ. Пирӗн халиччен туса хатӗрленӗ проектсем тӑрӑх хатӗр пайсене пухса ҫуртсем лартмалли майсемпе усӑ курмалла.

Ҫакӑн пек ыйту тухса тӑрать: ҫуртсем лартнӑшӑн мӗнле тӳлемелле? Кунта тӗрлӗ майсем пулма пултараҫҫӗ. Пӗрремӗшӗ, ҫурт лартма е туянма шутлакан колхозниксем хӑйсем ӗҫрунӗсем тӑрӑх илнӗ укҫан пӗр-пӗр пайне уйӑрса хума пултараҫҫӗ. Ҫакӑн пек укҫа-тенкӗрен уйрӑм фонд тума пулать. Колхозниксем уйӑрса панӑ укҫана банка хывмалла, ҫав укҫана пурӑнмалли ҫуртсем тума кӑна памалла, ӑна урӑх ӗҫсем валли памалла мар. Ҫакӑ вӑл—пӗр май. Тепӗр майӗ ҫапла: обществӑлла нушасем валли кирлӗ хуҫалӑх ҫурт-йӗрсем тата культурӑпа йӑла учрежденийӗсем туса ситернӗ колхозсем хӑйсен тупӑшӗсенчен пурӑнмалли ҫуртсем лартма пӗр-пӗр паллӑ хисеп таран укҫа уйӑраҫҫӗ. Паллах ӗнтӗ, ҫакна колхозниксем килӗшнипе, пӗрлехи пуху ҫирӗплетнипе тумалла. Колхоз уйӑрса хунӑ укҫа шучӗпе колхозниксем валли ҫуртсем лартать. Кайран вара колхозник пилӗк е вунӑ ҫул хушшинче, конкретлӑ условисене кура, ҫурт хакне колхоза тӳлесе татмалла. Юлашкинчен, ҫуртсем лартас ӗҫӗн виҫҫӗмӗш форми те—пӗрлештернӗ укҫа-тенкӗпе лартмалли май та—пулма пултарать. Пӗр енчен, колхоз колхозниксене ҫуртсем лартма кивҫен пама укҫа уйӑрать тата, тепӗр енчен, колхозник кивҫен илнӗ укҫа ҫумне хӑйӗн укҫи-тенкине хушать. Калама сӑрах паллӑ, ҫуртсем хакӗ енӗпе, пысӑкӑшӗ енӗпе, планировка енӗпе тӗрлӗрен пулма пултараҫҫӗ, ҫавӑн пек пулмалла та.

Строительствӑна мӗнле организацилемелле? Колхозри строительсен ӗҫӗ туххӑмрах пултар тесе, колхозсене квалификациллӗ строительсен бригадисем тума, вӗсене кирлӗ оборудовани тата инструментсем [illegible] сӗнмелле. Аҫта май килет, ҫав районсенче колхозсен строительство организацийӗсем тумалла, вӗсем валли колхозсем кирлӗ таран тӗрлӗ профессиллӗ строительсем уйӑрса панӑ пулӗччӗҫ. Ҫапла туни строительствӑна анлӑрах механизацилеме, пурӑнмалли ҫуртсемпе ытти ҫурт-йӗрсене хӑвӑртрах тата укҫа сахалтарах расходланипе туса лартма май парать. Паллах ӗнтӗ, ҫавӑн пек строительство организацине колхозсем шучӗпе тытса тӑмалла. Ҫакӑ вӑл—колхозсен пай укҫипе тытӑнса тӑракан организаци. Унӑн хуҫисем—колхозсем. Государство район Совечӗсен исполкомӗсем урлӑ колхозсене ҫав организацисене ертсе пыма ҫӗс пулӑшать.

Кирпӗчпе черепица тӑвасси ҫинчен пӗр-икӗ сӑмах. Ҫак ыйтӑва колхозниксен хӑйсен татса памалла. Ку ӗҫ усӑллӑ ҫӗрте колхозниксем ӑна ӑнӑҫлӑн туса пыма пултараҫҫӗ, кирпӗчпе черепица производствине колхозра хӑйӗнчех организацилеме пулать. Хӑшпӗр чухне колхоз е темиҫе колхоз пӗрле хӑйсем валли заводсем туни усӑллӑ пулать.

Ялхуҫалӑх министерстви, союзлӑ тата автономиллӗ республикӑсен Министрӗсен Совечӗсем, область тата район Совечӗсен исполкомӗсем колхозсене строительство ӗҫне организацилеме, ясене лайӑхлатса илмелетес ӗҫе тӗрӗс планласа пыма, пурӑнмалли ҫуртсемпе ытти ҫурт-йӗрсен типовой проекчӗсене туса хатӗрлеме пулӑшма тивӗҫлӗ. Уйрӑмах сантехникӑна, ӑлӑкпа чӳрече хӑлӑпӗсене, ӑлӑкпа тата чӳрече янаххисене тата рамисене туса хатӗрлес ӗҫре пулӑшни кирлӗ. Колхозниксем валли пурӑнмалли ҫуртсем лартасси—питӗ кирлӗ ӗҫ, мӗншӗн тесен вӑл пирӗн ялхуҫалӑх производствине малалла ҫӗклентерсе пырас, миллионшар колхозниксен материальнӑй пурнӑҫне культура шайне ӳстерсе пырас ӗҫпе тачӑ ҫыхӑнса тӑрать.

## 7. Ялхуҫалӑхне ертсе пырассине лайӑхлатмалла

Юлташсем! Халӗ пирӗн ялхуҫалӑхне хӑвӑрт ҫӗклеме материальнӑй тата организацилле паха майсем тунӑ чухне, пӗтӗм ӑнӑҫлӑх ӗҫе тӗрӗс ертсе пынинчен, парти, совет тата ялхуҫалӑх органӗсем хӑйсен организаторла ӗҫӗпе парти решенийӗсене пурнӑҫлама пӗлнинчен килет.

Совет Союзӗн кирек мӗнле зонинче те, вӗсен сутҫанталӑк условийӗсем тата ҫӗрӗсем пӗрешкел пулсан та, унта малта пыракан, вӑтам тата юлса пыракан колхозсем пур. Апла пулсан, ӗҫ хуҫалӑха мӗнле ертсе пынинчен, чи малтан колхоз председателӗсене, бригадирсене, агрономсене тата зоотехниксене, МТС-семпе совхозсен директорӗсене, ҫавӑн пекех ялхуҫалӑх производствин организаторӗсем пулма тивӗҫлӗ ытти работниксене суйласа илсе ӗҫе вырнаҫтарнинчен килет. Ҫавӑнпа та кадрсене суйласа илни, ертсе пырассине лайӑхлатни — акӑ мӗн татса парать халӗ социализмлӑ ялхуҫалӑхне малалла аталантарас ӗҫе.

Хамӑрӑн ялхуҫалӑхне ӑнӑҫлӑ аталантарас тесен, центрти тата вырӑнсенчи ялхуҫалӑх органӗсен ӗҫне тӗпрен лайӑхлатни кирлӗ. Пирӗн совет аппарачӗ хӑйӗн пӗтӗм тымарӗсемпе производствӑпа ҫыхӑнса тӑмалла, хӑйӗн ӗҫне производство интересӗсене пӑхӑнтармалла. Ялхуҫалӑх, совхозсен тата хатӗрлев министерствисен организацилле структури ҫав требованисене тивӗҫтерет-и-ха? Ҫук, тивӗҫтермест. Ҫав структура пысӑк тата бюрократизмран хӑтӑлайман-ха. Центрта вырӑнти органсен ӗҫне туса пыракан аппарат пире кирлӗ мар.

Хальхи условисенче ялхуҫалӑх министерствисен мӗнле функцисем юлмалла? Малашлӑх плансем тӑвасси, укҫа-тенкӗ уйӑрса парасси тата снабжени ӗҫӗ, правительство задачийӗсене мӗнле пурнӑҫланине тӗрӗслесе тӑракан государство контролӗ тумалла. Малта пыраканисен опытне вӗренесси тата сарасси, наукӑн чи ҫӗнӗ ситӗнӗвӗсене производствӑна кӗртесси—Ялхуҫалӑх министерствин тата Совхозсен министерствин чи кирлӗ задачи. Ҫак функцисене пурнӑҫлама министерствӑсенче пысӑках мар, анчах пысӑк квалификациллӗ аппарат кирлӗ. Кунтан акӑ мӗнле задача тухса тӑрать: ку аппарата пӗчӗклетмелле тата лайӑхлатмалла, ӑна хальхи вӑхӑтри ушӑнусемпе килӗштерӳллӗн тумалла.

Хатӗрлев аппарачӗ енӗпе ӗҫсем мӗнле тӑраҫҫӗ-ха? Пирӗн кашни ялхуҫ пуҫнех тӗрлӗ йышши продуктсем хатӗрлекен темиҫе представитель тивет. Кирлӗ-ши вӗсем? Ҫук, кирлӗ мар. Пирӗн социализмлӑ государствӑра пурне те планпа палӑртса хураҫҫӗ, колхозсем вӗсене хатӗрлев енӗпе ӗҫлекенсем ыса интерессӗрех вӑхӑтра пурнӑҫлаҫҫӗ. Ҫавӑнпа та Хатӗрлев министерствин функцийӗнче элеватор тата тырӑ анӑртакан, кӗрпе тӑвакан промышленноҫа аталантарас, тӗштырӑпа ытти продуктсем усрас тата йышӑнас ыйтусене кӑна хӑвармалла. Хатӗрлев ӗҫӗсене оперативлӑ ертсе пырассине МТС-сем ҫине хумалла, ҫӗршер пин хатӗрлев работникӗсене вара производствӑра ӗҫлеттермелле.

Хальхи вӑхӑтра пирӗн социализмлӑ государствӑн ялхуҫалӑхӗн мӗнпур участокӗсенче ӗҫлеме пысӑк квалификациллӗ кадрсем ӑна пур майсем те ҫителӗклӗ. 1955 ҫулта ялхуҫалӑхӗнче аслӑ тата вӑтам шкулсенчен вӗренсе тухнӑ специалистсем 400 пин ҫын ытла ӗҫленӗ.

Кадрсем хатӗрлессине планланӑ чухне ҫакна шута илмелле: ҫитес ҫывӑх вӑхӑтра уй-хир бригадисемпе трактор бригадисене ертсе пыма агрономсемпе механиксене, выльӑх-чӗрлӗх фермисене ертсе пыма зоотехниксене уйӑрса лартмалла.

Ялхуҫалӑхне ертсе пырассине тӗпрен лайӑхлатас тесен, пирӗн кадрсен экономика ыйтӑвӗсем, продукци туса илме кайкан тӑкаксене чакарас ыйтусем ҫине тимлӗн пӑхмалла. Совет влаҫӗн малтанхи ҫулӗсенчех В. И. Ленин руководительсене ҫапла чӗнсе каланӑ: шутлама вӗренӗр, тенӗ. Пирӗн государство ҫурални чухнех ҫавӑн пек тума кирлӗ пулнӑ пулсан, халӗ, эпир кашни ҫын пуҫне продукци туса кӑларас тӗлӗшпе капитализмла тӗп ҫӗршывсене хуса ҫитсе иртсе кайас задача лартнӑ чухне, вӑл ҫӗр хут ытларах кирлӗрех.

Даннийӗсем ҫакна кӑтартса параҫҫӗ: пирӗн ҫӗршывра кашни пӗр центнер сӗт тата аш-какай туса илме США-ринчен нумайрах вӑй каять. Ҫавна пула ССР Союзӗнче ялхуҫалӑхӗнче ӗҫлекен ҫынсем США-ринчен нумайрах. Паллах, Америка тӗслӗхӗ хыҫҫӑн эпир куҫа хупса пыма пултараймастпӑр. Унта пӗр ҫын тепӗр ҫынна тӗп тунипе пурӑнать. Ҫакна аса илтерни те ҫитет: 1940 ҫултан пуҫласа 1954 ҫул ҫитиччен, урӑхла каласан, 14 ҫул хушшинче, США-ра пӗр миллион та 300 пин фермер юхӑнса кайнӑ, ҫӗрсӗр тӑрса юлнӑ, промышленноҫра ӗҫ шыраса ҫемйи-мӗнӗпех хуласене тухса кайнӑ е «ҫӑппаланса ӳрекен» фермерсем пулса кайнӑ, вӗсем кутӑлӗх тата апат-ҫимӗҫ шыраса пӗр штатран теприне куҫса ҫӳреҫҫӗ. Ялхуҫалӑх переписӗ тӑрӑх, юлашки тӑватӑ ҫул хушшинче кӑна США-ра фермерсен хисепӗ 600 пин чакнӑ. Капиталистла предприяти тытса тӑракан шуртра фермер ӗҫ вӑйне услам илмелли ҫӑлкуҫ тесе шутлать. Рабочи сывлӑхӗ начарлансан, вӑл услам нумай куме пултараймасан, капиталист ӑна хӑваласа ярать.

Пирӗн—пачах урӑхла. Колхоз—кооперативлӑ хуҫалӑх. Унта пур колхозниксем те хуҫа, тулли правӑллӑ членсем, вӗсем кама мӗнле ӗҫ памаллине хӑйсем палӑртаҫҫӗ. Ку вӑл мӗншӗнни паллӑ ӗнтӗ. Пирӗн социализмлӑ обществӑра ҫыннӑн ӳсее пыракан ыйтӑвӗсене тивӗҫтерме мӗн кирлине пурне те тӑваҫҫӗ. Пӗтӗм вӑйпа ӗҫлеме пултарайман ҫынна колхозниксем пӑрахмаҫҫӗ. Ҫавӑнпа та пирӗн продукци кашни единицине тума каякан тӑкаксем США-ринчен сахалтарах пулсан та,—ҫакна эпир тӑватпӑрах,—ССР Союзӗнче ялхуҫалӑхӗнче ӗҫлекенсен хисепӗ США ялхуҫалӑхӗнче ӗҫлекенсен хисепӗнчен кӑштах ытларах пулӗ. Анчах, калас пулать, ӗҫ вӑйӗпе пирӗн тухӑҫсӑр усӑ кураҫҫӗ-ха. Ҫавӑнпа та пирӗн хамӑрӑн ӗҫсене тишкерсе хакламалла, урӑх ҫӗршывсен опычӗнче ырри мӗн пур, унпа усӑ курмалла.

Парти ялхуҫалӑхӗ енӗпе палӑртнӑ мероприятисене пурнӑҫласан, пирӗн кӗске вӑхӑтрах ҫӗршывӑн ӳсе пыракан ыйтӑвӗсене тивӗҫтерме кирлӗ чухлӗ ялхуҫалӑх продукчӗсем туса илме мӗнпур условисем ҫителӗклӗ пулаҫҫӗ.

Ҫакна шанса тӑма пулать: Коммунистсен партийӗ ертсе пынипе совет ҫыннисем пурнӑҫ ыйтакан ҫак пысӑк задачӑна чыслӑн пурнӑҫлӗҫ. (Нумайччен алӑ ҫупаҫҫӗ).

## Совет халӑхӗн материальнӑй пурнӑҫӗ лайӑхланни тата культури ӳсни

Юлташсем! Промышленноҫпа ялхуҫалӑхӗ ӳснӗ никӗс ҫинче совет халӑхӗн пурнӑҫӗ пӗрмаях лайӑхланса пычӗ. Пиллӗкмӗш пилӗкҫуллӑх вӑхӑтӗнче ССР Союзӗн наци тупӑшӗ,—паллӑ ӗнтӗ, ҫак тупӑшӑн тӑватӑ пайӗнчен виҫӗ пайӗ пирӗн патра халӑх ыйтӑвӗсене тивӗҫтерме каять,—68 процент ӳсрӗ. Ҫак вӑхӑтра рабочисемпе служащисен реальнӑй ӗҫ укси 39 процент, колхозниксен реальнӑй тупӑшӗсем—50 процент ӳсрӗҫ. Государство пилӗкҫуллӑх вӑхӑтӗнче рабочисемпе служащисене социальнӑй страховани тума, тӳлесе отпуск пама, тӳлевсӗр е кӑштах тӳлемелле кану ҫурчӗсемпе санаторисене путевкӑсем пама, пенси, медицина пулӑшӑвӗ, студентсене стипенди пама т. ыт. валли 689 миллиард тенкӗ расходланӑ.

Социализм экономики ҫӗкленсе пынӑ никӗс ҫинче халӑх таварсем туянасси ҫултан-ҫул ӳснӗ. 1955 ҫулта государствӑпа кооперации суту-илӗвӗ урлӑ халӑха 1950 ҫулхинчен 1,9 хут ытларах тавар сутнӑ.

Государствӑпа кооперации суту-илӗвӗ урлӑ халӑха тавар сутасси ӳсе пынине кӑтартакан хӑшпӗр даннӑйсене илетӗп (1950 ҫулхипе танлаштарса процентпа):

| | 1950 ҫул | 1951 ҫул | 1952 ҫул | 1953 ҫул | 1954 ҫул | 1955 ҫул |
|---|---|---|---|---|---|---|
| Аш-какай тата аш-какай продукчӗсем | 100 | 120 | 124 | 171 | 206 | 220 |
| Пулӑ тата пулӑ продукчӗсем | 100 | 112 | 128 | 137 | 162 | 185 |
| Выльӑх-чӗрлӗх ҫӑвӗ | 100 | 107 | 110 | 150 | 160 | 158 |
| Ӳсентӑран ҫӑвӗ | 100 | 135 | 170 | 182 | 222 | 222 |
| Тумтирпе кӗпе-йӗм | 100 | 107 | 115 | 151 | 182 | 198 |
| Атӑ-пушмак | 100 | 108 | 118 | 150 | 163 | 168 |
| Сӗтел-пукан | 100 | 142 | 154 | 201 | 272 | 307 |

Сахӑр, пурҫӑн, ҫӗр мамӑк пир-авӑрӗ, сехетсем, ҫӗвӗ машинисем тата ытти таварсем чылай ытларах сутнӑ.

Культурӑпа йӑлара кирлӗ таварсем—радиоприемниксем, телевизорсем, музыка инструменчӗсем, велосипедсем тата ытти таварсем сутасси уйрӑмах нумай ӳснӗ. Совет ҫыннисем ӗнтӗ лайӑхрах апатланаҫҫӗ, лайӑхрах тумланаҫҫӗ, хӑйсен культура ыйтӑвӗсене туллинрех тивӗҫтерсе пыраҫҫӗ.

Ӗҫҫыннисен материальнӑй пурнӑҫӗ лайӑхланнине ҫак факт та кӑтартса парать: пилӗкҫуллӑх вӑхӑтӗнче пирӗн ҫӗршывра халӑх йышӗ 16 миллион та 300 пин ҫын ӳснӗ.

## 1. Халӑхӑн ӳсе пыракан материальнӑй ыйтӑвӗсене туллинрех тивӗҫтермелле

Ситӗнӳсем чылай пысӑк. Анчах пирӗн иртнӗ ҫулсенчипе танлаштарнипе мар, пуринчен ытла халӑхӑн ялан ӳсе пыракан материальнӑй тата культурӑллӑ ыйтӑвӗсене шута илсе пулать. Ӗҫ ҫине ҫак енчен пӑхсан, пирӗн халӑха кирлӗ япаласем пӗтӗмӗшпех сителӗклӗ теме ҫук-ха, пурӑнмалли ҫуртсем ҫитмеҫҫӗ, ӗҫҫыннисен материальнӑй пурнӑҫне лайӑхлатас ӗҫпе ҫыхӑнса тӑракан пысӑк ыйтусене нумайӑшне татса паман, тесе калас пулать.

Паллах, Октябрьти революциччен пирӗн ҫӗршыв экономика тӗлӗшпе кая юлнӑ ҫӗршыв пулнине, унта промышленность сахал аталаннине, ялхуҫалӑхӗ вӑйсӑр пулнине шута илмесӗр тӑма ҫук. Хӑй пуҫланнийӗранпа вӑтӑр сакӑр ҫул хушшинче Совет государствин икӗ вӑрҫӑ тӳссе ирттермелле пулчӗ, ҫак вӑрҫӑсем халӑх хуҫалӑхне ҫав тери пысӑк сиен турӗҫ, нумай миллион ҫын пурнӑҫне пӗтерчӗҫ.

Ҫавӑнпа та пирӗн халӑхӑн материальнӑй ыркӑхӗсем чылай ӳрӗҫ пулин те, халӑхӑн пурнӑҫ шайне социализмлӑ стройри майсен тата совет халӑхӗн пӗрмаях ӳсе пыракан ыйтӑвӗсен шайне ҫити ҫӗклеме Коммунистсен партийӗпе Совет правительствин нумай ӗҫлемелле пулать-ха.

Юлашки ҫулсенче Центральнӑй Комитет халӑх пурнӑҫне малалла лайӑхлатас тӗлӗшпе мерӑсем чылай йышӑнчӗ. Ҫапла пулсан та, пирӗн нумай тӗрлӗ кирлӗ апат-ҫимӗҫпе промышленность таварӗсем туса кӑларасси халӑх ыйтнинчен юлса пырать-ха. Хӑшпӗр хуласемпе халӑх пурӑнакан пунктсене, сӑмахран, ҫакӑн пек апат-ҫимӗҫ таварӗсем: аш-какай, сӗт-ҫу, улма-ҫырла ӑу таранччен сителӗклӗ илсе тӑмаҫҫӗ, уйрӑм вырӑнсенче ҫӗрулмипе пахча ҫимӗҫ ҫитменни те пулать. Халӑха пысӑк пахалӑхлӑ промышленность таварӗсем парса тӑрас ӗҫре йывӑрлӑхсем пур. Хӑшпӗр енчен ку пирӗн суту-илӳ организацийӗсем ҫаврӑнӑҫусӑр пулнинчен килет, анчах тӗп сӑлтав ҫав таварсене сителӗклӗ туса кӑлармании пулса тӑрать. Ҫакӑн пек задача тӑрать: йывӑр индустрие пуринчен ытларах аталантарнӑ никӗс ҫинче ялхуҫалӑхне хӑватлӑн ҫӗклемелле, ҫӑмӑл промышленноҫпа апат-ҫимӗҫ промышленноҫне малалла хӑвӑрт аталантармалла.

Юлташсем! Улттӑмӗш пилӗкҫуллӑх тӗлӗшпе паракан Директивӑсен проектӗнче рабочисемпе служащисен реальнӑй ӗҫ укҫине 30 процента яхӑн, колхозниксен тупӑшӗсене—40 процентран кая мар ӳстерес задача лартнӑ.

Халӑх пурнӑҫне малалла лайӑхлатас задачӑна пурнӑҫа кӗртме партин Центральнӑй Комитечӗ юлашки вӑхӑтра туса хатӗрленӗ чылай мероприятисем пулӑшса тӑрӗҫ.

Нумаях пулмасть партин Центральнӑй Комитечӗпе СССР Министрӗсен Совечӗ ӗҫ укҫи сахал илекен работниксен ӗҫ укҫине ӳстересси ҫинчен постановлени проекчӗ хатӗрлеме хушрӗҫ. Ҫак постановлени тӑрӑх ӗҫ укҫине ӳстернипе пӗрлех хуҫалӑхӑн тӗрлӗ отраслӗсенчи рабочисемпе служащисене ӗҫ укҫи тӳлес ӗҫе йӗркелес тӗлӗшпе пӗтӗмӗшле мероприятисем туса ирттермелле. Кунта ҫакна шута илмелле: работниксен тӗрлӗ ушкӑнӗсене тӳлекен ӗҫ укҫи шайӗ вӗсен квалификацине тата ӗҫ йывӑрлӑхӗпе тӗрӗс килӗшсе тӑмалла.

Калас пулать, ӗҫ укҫи системине тарификацинче йӗркелӗсе ҫитерейменни тата пӑтраштарни нумай-ха. Министерствӑсем, ведомствӑсемпе профсоюзсен ҫак ыйтусем тӗлӗшпе ҫителӗклӗ ӗҫлемен, ӗҫе чылаях япӑхтарса янӑ. Ӗҫ укҫи тӳлес ӗҫре уравниловка туни те сайра мар. Анчах ҫапла та пулать: пӗр ӗҫшӗнех тӗрлӗ ведомствӑсенче, хӑш чухне пӗр ведомствӑрах тӗрлӗ тӳлеҫҫӗ. Ӗҫ укҫи сахал илекен работниксемпе пӗрлех работниксен хӑшпӗр категорийӗсене ытлашши нумай тӳлеҫҫӗ, чӑнах та, ун пек категорисем нумай мар пулин те, ҫакна нимӗнпе те тӳрре кӑлармалла ҫук.

Пирӗн умра политикӑпа хуҫалӑхӑн ҫав тери пысӑк задачи—ӗҫ укҫи тӳлес ӗҫре тивӗҫлӗ йӗрке тӑвас задача тӑрать. Работниксене харпӑр хӑйне тупӑш енӗпе интереслентерес принципа ҫирӗп пурнӑҫа кӗртсе пымалла, мӗншӗн тесен ҫак принципа пурнӑҫа кӗртни ӗҫ тухӑҫлӑхне вӗҫӗмсӗр ӳстерсе пымалли чи кирлӗ условӗ пулса тӑрать. Ленин ҫапла вӗрентнӗ: «Халӑх хуҫалӑхӗн кирек мӗнле пысӑк отраслӗне те работниксене харпӑр хӑйне интереслентернӗ никӗс ҫинче туса пымалла» (Ленин. Соч., 33 т., 47 стр.).

Хуҫалӑхӑн пур отраслӗсенче те ӗҫ укҫин формисене ҫине тӑрса лайӑхлатса, йӗркелесе пымалла, ӗҫ укҫи тӳрех кашни работникӑн ӗҫ хисепӗпе пахалӑхне пӑхӑнса тӑмалла тӑвас пулать, тупӑш енӗпе интереслентернин хӑватлӑ вӑйӗпе ӗҫ тухӑҫлӑхне ӳстерме туллин усӑ курас пулать. Инженерсемпе техниксене тата хуҫалӑх руководителӗсене илес пулсан, вӗсен ӗҫ укҫин пӗр пайне цех, предприяти, промышленность отраслӗ, колхоз, МТС, совхоз ӗҫӗн тӗп кӑтартӑвӗсене кура тӳлемелле тӑвас пулать. Ӗҫ укҫине ҫак йӗркепе тӳлени ӗҫшӗн тӳлемелли социализмла принципа килӗшсе тӑрать. Ҫак задачӑна тӗрӗс татса пани производствӑна ҫӗклеме тата пирӗн халӑхӑн пурнӑҫне лайӑхлатма пулӑшать.

Юлташсем! Партин Центральнӑй Комитечӗ ҫапла шутлать: пирӗн питех те паха ыйтӑва—ӗҫ кунӗ тӑршшӗне кӗскетес ыйтӑва лартма майсем пур. (Нумайччен алӑ ҫупаҫҫӗ).

Капитализмла система условийӗсенче рабочи класӑн нумай ӑрӑвӗсем ӗҫ кунне кӗскетессишӗн кӗрешнӗ. Наукӑлла коммунизм никӗсне хывакан, рабочи класӑн аслӑ учителӗ Карл Маркс 1866 ҫултах ӗнтӗ I Интернационал конгресӗнче 8 сехетлӗ ӗҫ кунӗ ҫинчен лозунг кӑларса тӑратнӑ. 8 сехетлӗ ӗҫ кунӗ тӑвасси Российӑри социал-демократилле рабочи партин (большевиксен) программӑри требованийӗ пулнӑ. Октябрьти Социализмла Аслӑ революци ҫак требовани пурнӑҫа кӗртрӗ. Совет влаҫӗн малтанхи декречӗсенчен пӗрин тӑрӑх пирӗн ҫӗршывра 8 сехетлӗ ӗҫ кунӗ тунӑ. Ку вӑл—социализмла революцин ҫирӗп те никам тӗкӗнми пултарайми ҫӗнтерӗвӗ.

Ҫакӑнпа пӗрлех пирӗн парти хӑйӗн VIII съездӗнче обществӑлла производство ҫӗкленсе тата ӗҫ тухӑҫлӑхӗ ӳссе пынӑ май майӗпен кӗскерех ӗҫ кунне куҫса пыма кирли ҫинчен пӗлтернӗ. Паллӑ ӗнтӗ, ку тӗлӗшпе вӑрҫӑччен ҫулсенчех малтанхи утӑмсем тунӑ. Анчах вӑрҫӑ хӑрушлӑхӗ ӳссе пынине, унтан пирӗн Тӑван ҫӗршыва гитлерла Германи ултавлӑн килсе тапӑннине пула пирӗн ирӗксӗрех ҫак мероприятисене малалла пурнӑҫласа пыма вӑхӑтлӑха тӑхтаса тӑмалла пулчӗ. Халӗ пирӗн, ҫак ыйту патне таврӑнса, ӗлӗкрех тума май килменнине пурнӑҫа кӗртме реальнӑй майсем пур.

Съезда ҫакӑн ҫинчен пӗлтерме кирлӗ: партин Центральнӑй Комитечӗ улттӑмӗш пилӗкҫуллӑх тӑршшӗнче мӗнпур рабочисемпе служащисем валли ҫичӗ сехетлӗ ӗҫ кунӗ тӑвасси ҫинчен решени йышӑнчӗ. (Нумайччен алӑ ҫупаҫҫӗ). Кунпа пӗрлех ҫӗр кӑмрӑк тата руда кӑларакан промышленноҫри тӗп профессисенчи рабочисем, ҫӗр айӗнче ӗҫлекенсем валли улта сехетлӗ ӗҫ кунӗ тума, 16—18 ҫулхи ҫамрӑксем валли те каллех улта сехетлӗ ӗҫ кунӗ тӑвассине асра тытнӑ (Алӑ ҫупаҫҫӗ). Ҫавнашкалах ҫитес ҫывӑх вӑхӑтра рабочисемпе служащисем валли шӑматкун тата праҫниксем умӗнхи кунсенче улта сехетлӗ ӗҫ кунӗ тума йышӑннӑ. (Нумайччен алӑ ҫупаҫҫӗ).

1957 ҫултан пуҫласа, партипе правительство майӗпен ҫичӗ сехетлӗ ӗҫ кунӗ е, производство условийӗсем енчен усӑллӑ ҫӗрте—пилӗк кунлӑ ӗҫ эрни (кунне 8 сехет ӗҫлесе икӗ кун канмалла) тума тытӑнаҫҫӗ—ҫакна пӗр отраслӗрен тепӗр отрасльре туса пырса, пӗтӗм ӗҫе улттӑмӗш пилӗкҫуллӑх вӗҫленнӗ ҫӗре туса пӗтермелле. (Алӑ ҫупаҫҫӗ).

Ӗҫ кунне рабочисемпе служащисен ӗҫ укҫине чакармасӑр кӗскетеҫҫӗ. (Алӑ ҫупаҫҫӗ).

Партин Центральнӑй Комитечӗ ӗҫ кунне кӗскетесси ҫинчен йышӑннӑ решени халӑх хуҫалӑхӗпе политикӑра питӗ пысӑк вырӑнта тӑрать. Иккӗленмелли ҫук, партин XX съезчӗ, пӗтӗм совет халӑхӗ ҫак решение пӗр кӑмӑллӑ пулса ырлӗҫ. Ҫак мероприятисем халӑх хуҫалӑх планӗсене тултарассишӗн тата ирттерсе тултарассишӗн пыракан кӗрешӳре совет ҫыннисен ӗҫри хастарлӑхне ҫӗнӗ пусӑма ҫӗклӗҫ. (Нумайччен, тӑвӑллӑн алӑ ҫупаҫҫӗ).

Ҫакӑнпа пӗрлех предприяти руководителӗсене, партипе профсоюз организацийӗсене кӗскетнӗ ӗҫ кунӗпе ӗҫлесе пилӗк ҫуллӑх план задачийӗсене ӑнӑҫлӑ тултарса пымашкӑн организацилле пысӑк ӗҫсем туса ирттерме кирли ҫинчен уйрӑмах асӑрхаттармалла.

Ӗҫ укҫине йӗркеленипе тата ӗҫ кунне кӗскетнипе пӗрлех пенси тӳлес ӗҫе те лайӑхлатма вӑхӑт ҫитрӗ. (Алӑ ҫупаҫҫӗ). ССР Союзӗнче, паллӑ ӗнтӗ, пенсисене государство укҫи-тенкипе обществӑлла укҫа-тенкӗ шутӗнчен тӳлесе тӑраҫҫӗ, ҫав укҫа-тенкӗ ҫултан-ҫул ӳсе пырать. Ку вӑл пысӑк ҫитӗнӳ. Анчах пенси тӳлес ӗҫре пысӑк ҫитменлӗхсем пур. Пенси пысӑкӑшӗсем пӗр-пӗринчен тӳсме ҫук уйрӑм пулнинех илер. Пенсионерсен хӑшпӗр категорийӗсене пӗчӗк пенси тӳлеҫҫӗ, ҫав вӑхӑтрах хӑшпӗр ҫынсем, вӑл шутра ӗҫлеме пултаракан, ватӑлсах ситмен ҫынсемех, пысӑк пенси илеҫҫӗ.

Чӑнах та, пирӗн ҫакӑн пек юлташсем те сахал мар: вӗсем, пенси илме тивӗҫлӗ пулса, пирӗн парти ӗҫӗшӗн активлӑ кӗрешме пӑрахасшӑн мар. Ку тӗлӗшпе коммунист Орловский юлташ пример пулса тӑнине илсе кӑтартма пулать, халӗ вӑл Белорус ССР-ӗнче «Рассвет» колхоз председателӗ пулса ӗҫлет.

Орловский юлташ нумай ҫул хушши ҫар ӗҫӗнче пулнӑ, вӑрҫӑ вӑхӑтӗнче тӑшмана паттӑрла ҫапӑҫнӑ. Хаюлӑхпа паттӑрлӑхшӑн ӑна Совет Союзӗн Геройӗ ятне панӑ. Вӑрҫӑ вӑхӑтӗнче вӑл аллине ҫухатнӑ, подполковник пулса отставкӑна тухнӑ. Ӑна тивӗҫлипех пенси памалла тунӑ, ҫак пенсипе вӑл начар мар пурӑнма пултарнӑ. Анчах коммунист пенсионер пулса пурӑнма килӗшмен, парти обкомне пынӑ та хӑйне кӗрешӳ участокӗнче ӗҫ пама—колхоз председателӗ пулмашкӑн яма ыйтнӑ. Ӑна «Рассвет» колхоз председательне суйлама сӗннӗ. Орловский юлташ ӗҫе хӗрӳллӗ тытӑннӑ, вӑл ертсе пынипе кая юлнӑ колхоз мала тухнӑ. Халӗ ҫак колхоз пӗтӗм Совет Союзӗпе чапа тухрӗ. Акӑ вӑл чӑн-чӑн патриот-коммунист тӗслӗхӗ! (Нумайччен алӑ ҫупаҫҫӗ).

Партин Центральнӑй Комитечӗпе СССР Министрӗсен Совечӗ пенси тӳлес ыйтусене йӗркелес—пӗчӗк разрядри пенсисене чылай ӳстерес, пысӑк пенсисене пӑртак чакарас тӗлӗшпе мерӑсем йышӑнаҫҫӗ. (Алӑ ҫупаҫҫӗ). Ҫитес ҫывӑх вӑхӑтра СССР Верховнӑй Совечне пенси тӳлесси ҫинчен пӗтӗм Союзри пӗрлӗхлӗ закон проектне ҫирӗплетме тӑратмалла, вӑл пенси ӗҫне тӗпренех лайӑхлатать. (Нумайччен алӑ ҫупаҫҫӗ).

Ватӑлнӑ граждансене, пӗччен юлнӑ е пӗр-пӗр сӑлтавпа семьере пурӑнма пултарайман ватӑсене пӑхса усрас тӗлӗшпе ытларах тӑрӑшмалла, вӗсем валли ҫуртсем тумалла, ҫав ҫуртсенче хӑйсен ӗмӗрне тӳрӗ кӑмӑлпа ӗҫлесе ирттернӗ ҫынсем чӑн-чӑнах лайӑх, канлӗ пурӑнма пултарччӑр. (Алӑ ҫупаҫҫӗ). Ҫавӑн пек ҫуртсем лартма илемлӗ вырӑнсенче лайӑх ҫӗр участокӗсем суйласа илес пулать. Ҫавӑн пекех инвалидсем валли ҫуртсем ытларах тума палӑртмалла, ҫав вӑхӑтрах хӑйсен сывлӑхне сиен кӳмесӗр обществӑшӑн усӑллӑ ӗҫре ӗҫлеме пултаракан инвалидсене ӗҫе вырнаҫтарасине пур майсемпе те лайӑхлатмалла.

Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗ ҫакна хитӗ шанса тӑрать: совет халӑхӗ, ҫӗнӗ пурнӑҫ тӑвакан халӑх, партипе правительствӑн ҫак мероприятийӗсене обществӑлла хуҫалӑхӑн пур отраслӗсенче те ӗҫри ҫӗнӗ хӑватлӑ ӳсӗмпе ответлӗ, мӗншӗн тесен производствӑна вӗҫӗмсӗр аталантарса пынӑ тата ӗҫ тухӑҫлӑхне ӳстернӗ никӗс ҫинче кӑна обществӑлла пуянлӑх нумайланса пырать, ӗҫ кунӗ кӗскелет, халӑх пурнӑҫӗ пӗрмаях лайӑхланса пырать. (Нумайччен алӑ ҫупаҫҫӗ).

Ҫак мӗнпур мероприятисене ирттерме, паллах, укҫа-тенкӗ чылай кирлӗ. Аҫтан илмелле-ха ҫав укҫа-тенкӗ? Чи малтан, халӑх хуҫалӑхӗнче ӗҫ тухӑҫлӑхне ӳстернине, перекет режимне ҫирӗп тытса пынине пула, тӗрлӗ ҫӗрте ытлашши расходсем тунине пӗтернипе, администраципе управлени аппаратне малалла чакарнипе пухӑнакан укҫа-тенкӗн пӗр пайӗпе усӑ курмалла пулать. Тен, ваккӑн сутакан таварсен хакне йӳнетнӗ май государство расхочӗсене витме хатӗрлесе хунӑ укҫа-тенкӗрен те пӗр пайне ҫак ӗҫ валли парсан усӑллӑрах пулать пулӗ. Ҫавӑнпа та ҫитес ҫывӑх ҫулсенче тавар хакӗсене малтан палӑртса хунинчен сахалтарах йӳнетмелле, тавар хакӗсене йӳнетме хатӗрленӗ укҫа-тенкӗн пӗр пайне асӑннӑ мероприятисене пурнӑҫа кӗртес ӗҫе ямалла. (Алӑ ҫупаҫҫӗ).

Ӗҫҫыннисен пурӑнмалли ҫурт-йӗр условийӗсене тӗпренех лайӑхлатассине парти хӑйӗн пысӑк задачисенчен пӗри тесе шутлать. Эсир, юлташсем, вӑрҫӑ пирӗн ҫӗршыва мӗнле пысӑк сиен кӳни ҫинчен пӗлетӗр ӗнтӗ. Тӑшман аркатса хӑварнӑ пурӑнмалли ҫурт-йӗр фондне юсама государствӑн калама ҫук нумай укҫа-тенкӗ хывмалла пулчӗ. Пурӑнмалли ҫурт-йӗр тума паракан укҫа-тенкӗ хисепӗ ҫултан-ҫул ӳсет. Сӑмахран, иртнӗ пилӗкҫуллӑхра государствӑн пурӑнмалли ҫурт-йӗр строительствине 100 миллиард тенке яхӑн, урӑхла каласан, тӑваттӑмӗш пилӗкҫуллӑхринчен 2,2 хут ытларах укҫа-тенкӗ хывнӑ.

Нумай ӗҫ тунӑ. Апла пулин те пурӑнмалли ҫурт-йӗр строительстви халӑх хуҫалӑхӗн аталанӑвӗнчен, хуласемпе промышленность центрӗсен ӳсӗмӗнчен юлса пырать. Ҫитменнине нумай министерствӑсемпе ведомствӑсем пурӑнмалли ҫурт-йӗр тумалли плансене тӑтӑшах тултарса пымаҫҫӗ. Малашне ҫакӑн пек йӗрkesӗрлӗхе тӳсме ҫук.

Улттӑмӗш пилӗкҫуллӑхра хуласенче пурӑнмалли ҫурт-йӗр строительстви, пиллӗкмӗш пилӗкҫуллӑхпа танлаштарсан, 2 хута яхӑн ӳсмелле. План тӑрӑх уйӑрса панӑ государство укҫи-тенкипе пурӗ 205 миллион тӑваткал метра яхӑн ҫуртсем туса лартма палӑртнӑ; 1956 ҫулта кӑна 25 миллиона яхӑн тӑваткал метр ҫуртсем туса лартмалла. Пурӑнмалли ҫурт-йӗр строительствин хӑвӑртлӑхӗсем ҫултан-ҫул ӳсе пырӗҫ.

(Малалли 4-мӗш страницӑра).

# СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН XX СЪЕЗЧĔ

## Н. С. ХРУЩЕВ юлташ доклачĕ

(Малалли).

Эсир пĕлетĕр, партин Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ пурăнмалли çуртсем тăвас ĕçри кустарщинăна тата кирлĕ мар тăкаксене сивлерĕç. Хăшпĕр архитекторсен пăсăк туйăмĕсене юрас тесе нимĕне пĕлтермен капăр япаласем туса миллионшар тенкĕ пĕтерме ирĕк пама пултараймастпăр. Этемлĕхĕн архитектура енĕпе авалтанпах пухăнса пынинчен чи лайăххине пурнăçа кĕртекен, çавăнпа пĕрлех совет зодчествин малта пыракан ĕçĕсем çине таянакан социализмла архитектура стилĕ туса хатĕрлесси—пирĕн архитекторсен чысĕ. Тăвакан çуртсенче çынсене пурăнма пур енчен те лайăх, меллĕ пултăр, çуртсем çирĕп, перекетлĕ тата илемлĕ пулччăр.

Пирĕн пурăнмалли çуртсем лартас ĕçе лайăхлатмалла, ăна индустрилле меслетпе туса пымалла. Строительство организацийĕсене малтан Мускавра, ун хыççăн Ленинградра тата Киевра пĕрлештерсе пысăклатни питĕ лайăх результатсем пачĕ. Çав опыта ытти республикăсемпе хуласенче хуçалăхăн тĕрлĕ отраслĕсенче те хăюллăн сармалла. Мускавра, Ленинградра, Киевра тата ытти пысăк хуласенче халăхăн пурăнмалли условийĕсене лайăхлатас ĕçе унта пурăнакансен хисепĕ çĕршывăн ытти районĕсенчен пыракансен шучĕпе ÿснипе çыхăнса тăрать. Халăх хисепĕ çавăн пек майпа мĕн таран хăвăрт ÿснине Мускаври тĕслĕхрен курма пулать. Кунта пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра ытти вырăнсенчен пынă çынсен шучĕпе çеç халăх хисепĕ 300 пин çынна яхăн ÿснĕ. Çав вăхăтра Мускавра 4 миллион та 305 пин тăваткал метр чухлĕ пурăнмалли çуртсем лартнă. Çапла вара, çуртсем нумай туса лартатпăр пулин те пурăнмалли çуртсем çитменни чакмарпа пĕрех.

Паллă ĕнтĕ, пирĕн хуласенче халăх хисепĕ çуралакансен шучĕпе хăвăрт ÿсет. Çавна май хуласенче ытти вырăнсенчен ĕçлеме çынсем илес практикăна пĕтерме пулать, пысăк хуласене кирлĕ ĕç вăйне çав хуласенчи халăх пама пултарать. (Алă çупаççĕ). Çав задачăна пурнăçлама йывăр мар, мĕншĕн тесен пысăк хуласенче промышленность предприятийĕсем çĕнĕрен лартмаççĕ, халĕ ĕçлекен предприятисенче техника хăвăрт аталанать, производство технологийĕ лайăхланать, ĕç тухăçлăхĕ вĕçĕмсĕр ÿсет. Пысăк хуласене ытти районсенчен халăх куçса пырассине пĕтерсен, хулари халăха пурăнмалли çуртсемпе хăвăртрах тивĕçтерме май паракан условисем туса хуратпăр.

Çавăн пекех пысăк хуласенчи халăха пĕчĕктер пайăн саппалантарса вырнаçтарни кирлĕ. Çав тĕллевпе Мускав, Ленинград, Киев, Харьков тата çавăн пек ытти хуласем тавра пурăнма лайăх пысăках мар хуласем лартас пулать. Вĕсене пысăк хуласене пурăнмалли çуртсем лартма уйăрса паракан укçа-тенкĕпе тума пулать. Вăл çакна пĕлтерет: паха та илемлĕ çуртсене пысăк хуласен территорийĕнче мар, вĕсенчен пăртак аякрах лартмалла. Çав çуртсенче пурăнма лайăх майсем тумалла, çапла вара çынсем хăйсем унта куçма тăрăшчăр. Çав хуласене хăшпĕр предприятисене куçармалла, ĕççыннисем унта ĕçлеме пултарччăр.

Государство шучĕпе пурăнмалли çуртсем лартнипе пĕрлех уйрăм çынсем хăйсем валли çуртсем лартассине ÿстермелле, рабочисемпе служащисене хăйсем перекетленĕ укçи-тенкипе çуртсем лартма пулăшмалла, строительство материалĕсем, стандартлă çуртсем валли детальсен комплекчĕсем туса кăларассине тата вĕсене халăха сутассине ÿстермелле.

Халăхăн кулленхи йăла ыйтăвĕсене çителĕксĕр тивĕçтереççĕ-ха. Совет çемйин пурнăçне лайăхлатма кирли хуçалăхри ĕçе çăмăллатакан машинăсемпе изделисем—электроприборсем, кĕпе çумалли машинăсем, çĕвĕ çĕлемелли машинăсем, кухньăра усă курмалли лайăхлатнă инвентарь туса кăларассине ÿстермелле, вĕсен хакне йÿнетмелле. Йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерекен комбинатсем, прачечнăйсем, ательесем, тутирпе атă-пушмак юсакан мастерскойсем ытларах уçмалла.

Ĕççыннисен пурнăçне лайăхлатасси обществăлла апатланупа нумай килет. Обществăлла апатланăва лайăх йĕркелени миллионшар хĕрарăмсене кирлĕ ĕçрен хăтарать, вĕсене обществăшăн усăллă ĕçе хутшăнма, ачасене лайăхрах воспитани пама май парать. Çакă вăл пирĕншĕн питĕ кирлĕ. Çавăнпа обществăлла апатлану предприятийĕсен хисепне татăклăн ÿстермелле.

Столовăйсенче, буфетсенче, ресторансенче ĕççыннисен ыйтăвĕсене тивĕçтерессине лайăхлатмалла, тĕрлĕ расходсене чакармалла, апатсен пахалăхне лайăхлатмалла, вĕсен хакне йÿнетмелле, столовăйсемпе ресторансенче халăха сутма тĕрлĕ апатсем çурма фабрикачĕсем ытларах хатĕрлемелле, вырăнти майсемпе туллинрех усă курмалла, хушма хуçалăхсене аталантармалла. Столовăйсенче ĕççыннисем апата вуххăрах хăйсемех пырса илме пултарччăр, продуктсем паракан автоматсем ытларах лартмалла. Пĕр сăмахпа каласан, обществăлла апатланăва çапла йĕркелес пулать: столовăйсемпе буфетсенче апатланни апат-çимĕç продукчĕсем илсе киле пĕçерсе хатĕрленинчен йÿнĕрех пултăр.

Çамрăк ăрăвăн сывлăхне тĕреклетес, вĕренÿ пахалăхне лайăхлатас ĕçре шкулсенче обществăлла апатланăва лайăх йĕркелени пысăк вырăн йышăнать. Шкул ачисем валли ирхине пĕрре апат хатĕрлемелле, шкулсенче буфетсемпе столовăйсем ытларах уçмалла. Çитес çывăх вăхăтра ĕç укçи сахалтарах илекен çынсен ачисене укçасăрах е йÿнĕрех хакпа апат çитерес ыйтăва татса памалла. (Алă çупаççĕ).

Халăх сывлăхне малалла лайăхлатасси—пысăк задачăсенчен пĕри. Пирĕн çак ĕçри çитĕнÿсем пуриншĕн те паллă. Анчах ку ĕçре те, уйрăмах илсен, пысăк çитменлĕхсем пур: Çитес çывăх çулсенче медицина учрежденийĕсем çĕнĕрен чылай уçмалла, вĕсен ĕçне лайăхлатмалла.

Халăх пурнăçне лайăхлатассишĕн кĕрешмелли кирек хăш участокра та пысăк, вăраха яма юраман ĕçсем пур. Çак ĕçĕн пĕлтерĕшĕ питĕ пысăк пулни çинчен калама та кирлĕ мар, мĕншĕн тесен сăмах халăхăн пурнăçри интересĕсем çинчен пырать. Халăх ырлăхĕшĕн тăрăшасси пирĕн партипе Совет правительстви ĕçĕнче яланах тĕп вырăнта тăнă. (Нумайччен; тăвăллăн алă çупаççĕ).

### 2. Совет культурипе наукине малалла аталантарассишĕн!

Юлташсем! Совет халăхĕ хамăрăн çĕршывра туса хунă çав тери таран культурăлла революци мĕн панисемпе усĕ курать. Капитализмла пĕр çĕршывăн та Совет Союзĕнчи чухлĕ шкулсем, техникумсем, аслă шкулсем, наукăпа тĕпчев институчĕсем, опытлă станцисемпе лабораторисем, театрсем, клубсем, библиотекăсем тата ытти культурăпа çутĕç учрежденийĕсем çук. (Алă çупаççĕ).

Халăха вĕрентес ĕç нĕвлe шайра тăни эпир культурăна аталантарас ĕçре тунă çитĕнÿсене питĕ лайăх кăтартса парать. ССР Союзĕнче хулара та, ялта та пурне те çичĕ çул вĕрентес ĕçе пурнăçлавă, чи пысăк хуласенче мара, пĕтĕмĕшпе илсен, пурне те вунă çул вĕрентесси пулса пырать.

Улттăмĕш пилĕк çуллăх план пирки паракан Директивăсен проектĕнче çывăхри пилĕкçуллăхра пур хуласемпе ялсенче те, пĕтĕмĕшпе илсен, пурне те вăтам шкултан вĕрентсе кăларма палăртнă. Ку вăл—питĕ пысăк задача, ăна пурнăçлас тесен, пĕтĕмĕшле пĕлÿ паракан шкулăн вĕрентÿпе материальнăй никĕсне лайăх çирĕплетмелле.

Пирĕн вăтам шкулсен аслă классенче, специальнăй вăтам шкулсенче тата аслă шкулсенче вĕреннĕшĕн пысăкках мар укçа тÿлеттерессĕ-ха. Пурне те вăтам шкултан вĕрентсе кăларма тата çамрăксене аслă шкулсенче вĕрентме лайăхрах условисем туса парас шутпа çитес вĕренÿ çулĕнчен пуçласа вĕреннĕшĕн тÿлемелле мар тума решени йышăннă. (Алă çупаççĕ).

Пирĕн шкулăн чылай пысăк çитменлĕхĕ вăл—вĕренÿ пурнăçран самаях уйрăлса тăни, шкултан вĕренсе тухакансем практикăлла ĕçе кирлĕ таран хатĕрленменни пулса тăрать. Партин XIX съезчĕ пиллĕкмĕш пилĕкçуллăх пирки панă Директивăсенче шкула политехнизацилес енпе тивĕçлĕ ĕçсем тăвассине палăртнă пулсан та, çак ĕç питĕ вăраххăн пулса пырать. Халăха вĕрентес ĕçĕн тата педагогика наукисен Академийĕн нумай работникĕсем халĕ те-ха политехникăлла вĕрентÿ усси çинчен пĕтĕмĕшле калаççĕ, çав вăхăтрах ăна практикăра пурнăçлас тĕлĕшпе нимĕн те тумаççĕ. Сăмахран ĕçе хăвăртрах куçас пулать. Шкулпа пурнăç хушшинчи çыхăнăва çирĕплетме шкулсенче техникăпа производство ыйтăвĕсемпе пĕлÿ никĕсĕсем паракан çĕнĕ предметсем вĕрентме тытăнмалла кăна мар, вĕренекенсене тăтăшах предприятисенче, колхозсемпе совхозсенче, опытлă участоксемпе шкулти мастерскойсенче ĕçе хăнăхтарса пымалла. Вăтам шкулăн вĕренÿ программине производствăлла специализаци ытларах тăвас енпелле улăштармалла, çапла майпа вара вуннăмĕш класран вĕренсе тухакан арçын ачасемпе хĕрачасен пĕтĕмĕшле пĕлĕвĕ лайăх пултăр, аслă шкулсене вĕренме кайма çул уçса патăр, тата, çавăнпа пĕрлех, вĕсем практикăлла ĕçе хатĕр пулччăр, мĕншĕн тесен вĕренсе тухакансен пысăк пайĕн тÿрех халăх хуçалăхĕн тĕрлĕ отраслĕсенче ĕçлеме тытăнмалла пулать.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра пирĕн çĕршыв коммунизм обществин материальнăй тата производствăлла хăватлă никĕсне туса хурас тĕлĕшпе çĕнĕ пысăк утăм тăвать. Анчах пирĕн коммунизмăн малтанхи фазинчен унăн çÿлти фазине куçма историлле утăм тума ăс-тăн енĕпе те мĕнпур условисене тăвас ыйтăва та татса памалла. Çакна май обществăшăн пысăк пĕлтерĕшлĕ ыйтусенчен пĕрин çинче—пирĕн çамрăк ăрăва воспитани парас ыйту çинче чарăнса тăрас пулать.

Вăрçа пула пирĕн тăлăх арăмсем нумай юлчĕç, вĕсем çине ачасене воспитани парас кăткăс задача тиенчĕ. Çавăн пекех тата апшĕпе амăшĕ те производствăра е учрежденире ĕçлекен семьесем сахал мар, вĕсем хăйсен ачисене воспитани парас ĕçе вăхăтăн-вăхăтăн çеç туса пыма пултараççĕ. Çавăн пек чухне нумай ачасене тăвансенчен кам çине те пулин е кÿршĕсене шанса хăвараççĕ, тепĕр чух вĕсем никамсăрах юлаççĕ. Çавăн пирки ачасен чылай пысăк пайĕ хăйсем кăна юлаççĕ, çакă вара лайăх мар япаласем патне илсе пырать. Паллах, семьепе шкул ачасене социализмла воспитани памалли вырăнсем пулнă, вĕсем халĕ те çавăн пекех пулса тăраççĕ. Анчах çаксем çителĕклĕ тесе шутлама юрамасть.

Нумаях та пулмасть иртнĕ вăхăт çине çаврăнса пăхсан, эпир çакна куратпăр: пĕтĕмĕшлĕ шкулсăр пуçне, çамрăк ăрăва пуçпулса тăракан классен хăйсен стройĕн тата ун чухнехи вăхăтăн задачисене тивĕçлĕ воспитани памалли система пулнă. Государство çамрăк ăрăва вĕрентме ятарласа учрежденисем усăнă, унта пуян классен интересĕсене пăхăнтарса воспитани панă. Вĕсем—пажески корпуссем, кадет корпусĕсем, пуян йăхри хĕрсен институчĕсем тата ыттисем. Çав хупă учрежденисенче ачасене аристократла воспитани панă.

Социализм çĕршывĕ ачасене воспитани парас ĕçе темиçе хут лайăхрах туса пыма пултарать, çапла тумалла та ĕнтĕ, мĕншĕн тесен пирĕн халăха çав тери хирĕçле аристократсен уйрăм сийне мар, çĕнĕ общество строителĕсене, пысăк та таса чунлă, пысăк ĕмĕтлĕ, пĕтĕм прогрессивлă этемлĕхĕн малти ретĕнче пыракан, хăйĕн халăхĕшĕн тăрăшакан çынсене ÿстермелле. (Нумайччен алă çупаççĕ).

Çак задачăна пурнăçлама пирĕн хăш енчен тытăнмалла-ха? Кун валли шкулсем-интернатсем тума тытăнсан тĕрĕс пулать пулĕ (вĕсен ячĕ пирки шухăшлас пулать); вĕсене хуласен сывлăхĕнче, дачăлла вырăнсенче, сывлăхшăн лайăх вăрманлă вырăнсенче вырнаçтармалла. Çавăн пек шкулсенче çутă та аслă классем, лайăх спальнăйсем, чаплă столовăйсем пулмалла. Унта класс тулашĕнчи занятисене иртterme тăрăшса тунă, совет çĕршывĕн çамрăк гражданинне ÿт-пĕв енчен те, ăс-тăн енчен те аталанса ÿсме пур условисем те туса паракан центрсем тумалла. Çавăн пек шкулсене-интернатсене ачасене вĕсен ашшĕ-амăшĕсем кăмăл тунă тăрăх çеç илмелле. Ачасем çав шкулсене-интернатсене илсе унта пурăнмалла кĕреççĕ, ашшĕ-амăшĕсем вĕсемпе праçникĕсенче, каникулсем вăхăтĕнче е вĕренмен вăхăтра çеç тĕл пулма пултараççĕ. Çавăн пек шкулсем валли çамрăк ăрăвăн чунĕсен инженерĕсем пулма тивĕçлĕ лайăх воспитательсем тупса памалла.

Çак шкулсене илмелли материальнăй условисем малтанхи вăхăтрах та пулин тĕрлĕрен пулмалла. Ашшĕ-амăшĕ нумай ĕçлесе илмеççĕ е вĕсен çемйи пысăк пулсан, ачасене пĕтĕмĕшпех государство шучĕпе усрама йышăнмалла. Нумайтарах ĕçлесе илекен ашшĕ-амăшĕсен ачана интернатра усраса воспитани панăшăн пĕр тивĕçлĕ таран тÿлемелле. Юлашкинчен, ашшĕ-амăшĕсенчен хăшпĕрисем государство ачана шкулта-интернатра воспитани парас тĕлĕшпе государство тăвакан расхода пĕтĕмпех хăйсем çине илме пултараççĕ.

Çакăн пек системăпа воспитани панин пĕлтерĕшĕ калама çук пысăк. Ку ĕç валли укçа-тенкĕ те, вăй та хĕрхенме кирлĕ мар, мĕншĕн тесен кайран вăл хăй хакне ытлашшипех тăвать. (Алă çупаççĕ).

Çакăнпа пĕр вăхăтрах пирĕн воспитани парас тĕлĕшпе тăракан тепĕр çав тери пысăк задачăра пурнăçлама тытăнмалла. Ку вăл яслине çÿремелли вăхăтри тата шкул çулне çитмен ачасене, вĕсен ашшĕ-амăшĕсем килĕшсен, государство усне ясли-сене садсенче воспитани парасси. Çак задачăна пĕтĕмĕшпех пурнăçлама сахал мар вăхăт кирлĕ пулать, анчах та ку ĕçе пирĕн çав пилĕкçуллăхра анлăн пуçласа ямалла. Яллă вырăнсенче яслисемпе ача сачĕсем тăвас тата вĕсене тытса тăрас ĕçе государство органĕсем çеç мар, колхозсем те хутшăнмалла. Ачасемшĕн, вĕсене воспитани парассишĕн тăрăшасси—пĕтĕм халăх ĕçĕ. Пирĕн совет обществи çамрăк ăрăва коммунизмла воспитани парас ĕçшĕн малашне те уйрăмах тимлĕн тăрăшĕ. (Нумайччен алă çупаççĕ).

Пирĕн çĕршывра халăх хуçалăхĕн пур отраслĕсем валли те специалистсем хатĕрлес тĕлĕшпе питĕ пысăк ĕçсем туса иртнерĕ. Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăх вăхăтĕнче Совет Союзĕнчи аслă шкулсем 1 миллион та 120 пин ытла специалист хатĕрлесе кăларнă, урăхла каласан, вăл тăваттăмĕш пилĕкçуллăхринчен 72 процент ытларах пулать. Çав хушăрах специалистсене касхи тата заочно вĕрентекен аслă шкулсенче хатĕрлесси сарăлнă; пиллĕкмĕш пилĕкçуллăх вăхăтĕнче касхи тата заочно вĕрентекен аслă шкулсем 260 пин специалист ытла хатĕрленĕ, ку вăл увчĕнхи пилĕкçуллăхра хатĕрленинчен 2,7 хут ытларах. Вăтам квалификациллĕ специалистсем хатĕрлесси те лайăхланнă.

Хисеп енчен илсен, эпир çителĕклĕ ĕçленĕ теме пулать. Анчах специалистсем хатĕрлес ĕçĕн пахалăхĕ çине тимлĕн пăхас пулать. Аслă шкул практикăна, производствăпа начар çыхăнни, кучухнехи техника шайĕнчен кая юлса пыни пысăк çитменлĕх пулса тăрать. Çамрăк инженерсемпе агрономсем аслă шкулсенче конкретлă экономика тата производствăна организацилес ыйтусем тăрăх çителĕклĕ пĕлÿсем илеймеççĕ. Студентсен производствăлла практикине те тĕпренех лайăхлатни кирлĕ.

Пирĕн умра шкулсен ĕçне çĕнетсе лайăхлатас задача тăрать, шкулта вĕреннĕ чухне вĕренекенсем пурнăçпа, производствăпа—конкретлă предприятисемпе, колхозсемпе, совхозсемпе çыхăнччăр, унта вĕсем производствăлла хăнăхусем туянччăр.

(Малалли çитес номерте).

## СЪЕЗД ДНЕВНИКĔ

### Февралĕн 15-мĕшĕнчи ирхи лару

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕ малалла ĕçлет. Ирхи ларăва И. В. Капитонов юлташ председатель пулса ертсе пынă. Унта КПСС Центральнăй Ревизи Комиссийĕн отчетлă докладне Ревизи Комиссийĕн Председателĕ П. Г. Москатов юлташ туса панă.

Парти бюджетĕнчи укса-тенкĕ çинчен каласа, докладчик çав укçан пысăк пайĕ партилле пропагандăпа агитаци ĕçне, парти кадрĕсене хатĕрлеме тата вĕсене çĕнĕрен вĕрентсе хатĕрлеме, парти библиотекисене тытса тăма кайнине палăртать. Вырăнсенче иртternĕ кĕске сроклăх курссемпе семинарсенче кăна кашни çулах пропагандистсене 50 пин çын таран вĕрентеççĕ. Марксизм-ленинизмăн касхи 288 университетĕнче 149 пин çын, çав шутра 80 пин коммунист, 33 пин комсомолец, партире тăман юлташсем 36 пин çын вĕренеççĕ. Партин XIX съезчĕ пулнăранпа КПСС обкомĕсемпе крайкомĕсем çумĕнчи парти шкулĕсенче тата пĕр çулталăклăх курссенче, КПСС Центральнăй Комитечĕ çумĕнчи партин аслă шкулĕнче тата Обществăлла наукăсен академийĕнче парти работникĕсене 34 пин çын ытла вĕрентнĕ.

Ĕççыннисен çырăвĕсемпе жалобисене пăхса тухас тĕлĕшпе парти органĕсем мĕнле ĕçлени çинчен каласа, Москатов юлташ çакна палăртнă: парти органĕсем халĕ çак енĕпе ытларах тăрăшса ĕçлеççĕ, çырусемпе жалобăсенче кăларса тăратнă ыйтусем çине тимлĕрех пăхаççĕ тата вĕсене сийĕнчех татса пама тăрăшаççĕ.

Докладчик малалла çакна палăртнă: юлашки икĕ çул хушшинче Партин Контроль Комитечĕ коммунистсен заявленийĕсене тата персональнăй ĕçсене пăхса тухассине чылай лайăхлатнă. Центральнăй Комитет хăй вăхăтĕнче КПК ĕçĕнчи çитменлĕхсене, сăмахран, коммунистсен персональнăй ĕçĕсене вĕсене хăйсене чĕнмесĕр пăхса тухнисем пулнине тата Комитет составĕ пĕтĕмпех пухăнмасăр пăхса тухнисем пулнине палăртнăччĕ, КПК çав çитменлĕхсене пĕтернĕ.

Пирĕн парти хăйĕн XX съездне татах та тачăрах пĕтĕçнине, идея тĕлĕшĕнчен татах та ытларах çирĕпленнине çитрĕ, тет юлашкинчен Москатов юлташ. Нимĕн иккĕленмелли те çук, съезд йышăннă пур решенисене те пĕтĕм парти, рабочи класс, колхоз хресченĕсем тата халăх интеллигенцийĕ, пирĕн аслă Тăван çĕршыва малалла чечеклентерессишĕн тăрăшса, активлăн та хастарлăн пурнăçласа пырĕç.

Съезд КПСС Центральнăй Комитечĕпе Центральнăй Ревизи Комиссин отчетлă доклачĕсене сÿтсе явма тытăннă.

Е. А. Фурцева юлташа (Мускав хулинчи парторганизаци) сăмах параççĕ.

Центральнăй Комитет ертсе пынипе политика тата экономика енĕпе туса иртternĕ пысăк ĕçсем, тет вăл, социализмла строя татах та ытларах тĕреклетрĕç, рабочи класпа хресченсен союзне, ССР Союзĕнчи халăхсен туслăхне татах та ытларах çирĕплетрĕç.

Фурцева юлташ Мускав парторганизацийĕн ĕçне кăтартса паракан фактсем çинчен каланă. Хула промышленноçĕ, пиллĕкмĕш пилĕкçуллăх заданине срокчен тултарса, планран иртterse 18 миллиард тенкĕлĕх ытла продукци туса кăларнă. Производствăн халичченхи лаптăкĕсем çинчех пилĕк çул хушшинче промышленность производстви шайне 69 процент, ĕç тухăçлăхне 47,6 процент ÿстернĕ.

Столицăри промышленноçăн татах та пысăкрах резервсем пур. Мускав хулинчи парторганизаци çывăх çулсенчех хальхи производство лаптăкĕсем çинчех промышленность продукцийĕ туса кăларассине икĕ хута яхăн ÿстерме задача лартнă. Çакна предприятисенче çĕнĕ, лайăхлатнă технологи тăрăх ĕçленипе тата производствăна лайăхрах организациленипе пурнăçламалла.

Фурцева юлташ пурăнмалли çуртсем тăвас ыйту çинче чылай чарăнса тăнă. Иртнĕ пилĕкçуллăхра Мускавра пурăнмалли çуртсем 4 миллион та 305 пин тăваткал метр чухлĕ тунă. Анчах хулара пурăнмалли çуртсем ыйтăвĕ халĕ те сивĕч тăрать-ха. Улттăмĕш пилĕкçуллăхра пурăнмалли çуртсем 9 миллион тăваткал метр чухлĕ, 200 шкул çуртĕ, 17 пин койка вырнаçмалăх больницăсем, 22 пин вырăн пулмалăх кинотеатрсем тата ытти çуртсем лартма палăртнă. Столицăри строительсем, архитекторсем тата скульпторсем умĕнче хисеплĕ задача тăрать, вĕсен Мускавра Совет государствине Коммунистсен партине туса хунă Владимир Ильич Ленинăн чаплă памятникне—Советсен Дворецне туса лартмалла.

Хулана лайăхлатас илемлетес тĕлĕшпе пысăк ĕçсем тума палăртнă. Ставропольтен Мускава килекен газопровода тăвас ĕç çине уйрăмах тимлĕн пăхмалла пулать, ăна кăçал туса пĕтермелле.

Мускаври парторганизаци XX съезда Коммунистсен партийĕн ленинла Центральнăй Комитечĕ тавра нихçанхинчен те тачăрах пĕрлешнипе çитрĕ, столицăри коммунистсемпе мĕнпур ĕççыннисем улттăмĕш пилĕкçуллăхра лартнă задачăсене пурнăçлас тĕлĕшпе пĕтĕм вăя хурса тата хастарлă ĕçлĕç, тет юлашкинчен Фурцева юлташ.

А. И. Кириченко юлташа сăмах параççĕ.

— Центральнăй Комитетăн отчетĕнче теорилле тарăн шухăшсем пур,—тет вăл,— унта хальхи историлле условисенче коммунизм тăвас ĕçĕн пысăк ыйтăвĕсене наукăлла никĕслесе сутатса панă, Центральнăй Комитет хăйĕн ĕçне тишкерсе хакланă, пирĕн ĕçри çитменлĕхсене палăртнă тата вĕсене пĕтермелли майсене кăтартса панă.

Парти XIX съезчĕ пулнă вăхăтранпа тунă ĕçсене хакласа, Кириченко юлташ çакна палăртнă: иртнĕ тапхăрта партипе халăхăн пĕрлĕхĕ татах та ытларах çирĕпленнĕ, пирĕн халăхăн питĕ хăватлă вăйĕсем—рабочи класпа хресченсен союзĕ, совет халăхĕсен аслă туслăхĕ тĕрекленнĕ, хуçалăхăн социализмла системи татах та ытларах çирĕпленнĕ, совет çыннисен материальнăй пурнăçĕ лайăхланнă, культури ÿснĕ.

Кириченко юлташ Советлă Украина ĕççыннисем КПСС XX съездне мĕнле çитĕнÿсемпе кĕтсе илни çинчен каланă. Хальхи вăхăтра Украина çĕршывра кăларакан çĕр кăмрăкĕн 32 процентне, çĕршывра шăратакан чугунăн çуррине, тимĕр рудин 60 процентне, хурçăпа прокатăн 37 процентне парса тăрать. Промышленность производствине ÿстерес тĕлĕшпе пиллĕкмĕш пилĕк çуллăхри плана республика 4 çул хушшинче тултарнă.

КПСС Центральнăй Комитечĕн январьти Пленумĕн заданийĕсене тата партипе правительствăн паллă решенийĕсене пурнăçласа, тет Кириченко юлташ, Украинăри колхозникем, механизаторсем тата совхозсен работникĕсем ялхуçалăхĕн чи кирлĕ продукчĕсене туса илессине татăклăн ÿстерчĕç. Иртнĕ çулта республикăра тĕштырă, хĕвелçаврăнăшĕ, пахча çимĕç тата ытти культурăсем туса илмелли плана иртterse тултарнă. Украинăри колхозсемпе совхозсем сахăр кăшманĕ нихçанхинчен нумайрах туса илчĕç. Тĕштырă туса илессине ÿстернипе Украина планран иртterse 160 миллион пăт ытла тырă пачĕ.

Украина халăхĕн культури чечекленни çинчен каласа, Кириченко юлташ ытти тĕслĕхсемпе пĕрле çакăн пек тĕслĕх илсе кăтартнă. Хальхи вăхăтра Украинăра кашни 10 пин çынран аслă шкулсемпе техникумсенче 180 çын вĕренет, урăхла каласан, аслă шкулсемпе техникумсенче вĕренекенсем капитализмла кирек хăш çĕршывринчен те нумайрах.

Хальхи пилĕкçуллăхра, тет Кириченко юлташ, Украина ССР-ĕнчи производительнăй вăйсем хăватлăн малалла аталанса пырĕç. Çĕр кăмрăкĕ кăларасси, чугунпа хурçă шăратасси, прокат тата йывăр индустрин ытти продукцине туса кăларасси чылай ÿсет. Пилĕкçуллăхра республика йывăр, çăмăл тата апат-çимĕç промышленноçĕн çĕнĕ пысăк предприятийĕсемпе, çĕнĕ электростанцисемпе пуянланать. Украинăра 1960 çулта тĕштырă 2,1 миллиард пăт туса илмелле.

Кириченко юлташ республика умĕнче аш-какайпа сĕт илессине ÿстерес тĕлĕшпе тăракан пысăк задачăсем çинчен каланă. Колхозсемпе совхозсем Центральнăй Комитет Пленумĕ выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем туса илес енĕпе 1960 çул валли палăртнă хисепе çитерес ĕçе срокчен 2—3 çул маларах: сĕт тата çысна ашĕ тăвас енĕпе 1957 çулта, выльăх-чĕрлĕхĕн ытти продукчĕсем енĕпе—1958 çулта пурнăçлама йышăннă.

Сĕт тата аш-какай тăвассине ÿстерес ĕçре выльăх апачĕ пысăк вырăн йышăнса тăрать, тет Кириченко юлташ. Çавăнпа та республикăри колхозсемпе совхозсем кăçал кукуруза акакан лаптăка пĕр миллион гектара яхăн пысăклатма, пĕтĕмпе 7 миллион гектар ытла кукуруза акма палăртаççĕ. Выльăх апачĕ хатĕрлес енĕпе ытти ĕçсем те тума палăртнă.

Кириченко юлташ социализмла ăмăртăва аталантарасси çинчен нумай каланă. Вăл республикăсем хушшинчи ăмăртăва организациленин усăллă пулĕ, тесе шутлать. Çапла тума кирли çинчен нумай колхозниксем, совхозсемпе МТС-сен работникĕсем калаççĕ. Украина, сăмахран, чи пысăк республика пулса тăракан Россия Федерацийĕпе выльăх-чĕрлĕхрен нумайрах продукци илес енĕпе ăмăртма пултарĕччĕ. Тĕрлĕ республикăсенчи облаçсем те пĕр-пĕринпе ăмăртма пултараççĕ. Çакă çĕнĕ пилĕкçуллăхра палăртнă пысăк задачăсене ăнăçлă пурнăçлама пулăшĕччĕ.

Кунпа пĕрлех Кириченко юлташ çакна палăртнă: ялхуçалăх производствинчи ăмăртăва организацилес ĕçре пысăк çитменлĕхсем пур. Хăшпĕр чухне ĕçе пур çĕрте те пĕр майлă, ячĕшĕн, кампанилле меслетпе туса пыраççĕ. Ăмăртăва йĕркелес ĕç çине халĕ тимлĕн пăхмалла, тет оратор.

Малта пыракан опыта производствăна кĕртессине парти, совет, хуçалăх организацийĕсен нумай руководителĕсем халĕ те партипе государство умĕнчи пысăк обязанность тесе шутлама вĕренмен-ха, тет Кириченко юлташ. Çавăн пек шутламасăр эпир халĕ хамăр хуçалăха вăйлатма пултараймастпăр. Ленин пĕр-пĕрин кăтартулă тĕслĕхĕсемпе усă курассине пур çĕрте те анлă сарма, вăл ĕçе обязательнăй ĕç вырăнне хума хушнă, çакна пирĕн пурнăçа кĕртмелле.

Украинăри коммунистсем тата пĕтĕм Украина халăхĕ КПСС Центральнăй Комитечĕн сул-йĕрĕпе ĕçне пурте пĕр кăмăллă пулса ыраççĕ. Советлă Украина ĕççыннисем, хăйсем умĕнче питĕ пысăк задачăсем тăнине тĕплĕн ăнланса илсе, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕн решенийĕсене пурнăçлас тĕлĕшпе чыслăн ĕçлеме вăй-хала хĕрхенмĕç, тенĕ юлашкинчен Кириченко юлташ.

Унтав Ф. Р. Козлов юлташ (Ленинград парторганизацийĕ) тухса каланă. Вăл юлашки çулсенче КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ йышăннă решенисен пысăк пĕлтерĕшĕ çинчен каланă. Парти йывăр промышленноçа пур енĕпе те аталантарассишĕн уйрăмах тимлĕ тăрăшрĕ. Партин Центральнăй Комитечĕ экономикăлла теорири йăнăш шухăшсене вăхăтра палăртрĕ, йывăр промышленность аталанăвĕн хăвăртлăхĕсене чакарма сĕннĕ ăнăçсăр экономистсене сивлерĕ.

Ленинградри ĕççыннисем, тет оратор, парти лартнă задачăсене пурнăçлас тĕлĕшпе хастарлăн тăрăшса ĕçлерĕç. Ленинград хулипе облаçĕн промышленноçĕ пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана ăнăçлă тултарчĕ. Çак вăхăт хушшинче пĕтĕм продукци калăпăшĕ 87 процент ÿснĕ. Предприятисенче малта пыракан техникăн чи лайăх тĕслĕхĕсен çÿлĕшĕнче тăракан çĕршер приборсемпе механизмсем тунă, вĕсене туса кăларма вĕренсе çитнĕ.

Ленинград промышленноçне малалла аталантарасси çинчен сăмах хускатса, Козлов юлташ промышленноçăн чи кирлĕ отраслĕсен профильне уççăнрах палăртса пама кирли çинчен калать. Унăн шучĕпе, Ленинградра металл нумай ыйтакан производствăна тата кăткăсах мар изделисем туса кăларассине аталантарни усăллă мар; министерствăсен предприятисене специализациленине сыхласа хăварма тăрăшмалла.

Н. С. Патоличев юлташ (Белоруссии парторганизацийĕ) çапла калать: пирĕн çĕршывăн политика, экономика тата культура тĕлĕшĕнчи аталанăвĕн результачĕсем пирĕн çĕршыв коммунизм патне пымалли çул çинче питĕ пысăк çĕнĕ утăм тунине палăртаççĕ. Çак çитĕнÿсене эпир партин Центральнăй Комитечĕ ывăнма пĕлмесĕр, ленинла принциплă пулса тата коллективлăн ĕçленипе турăмăр.

Белоруссири парти организацийĕ хăйĕн речĕсене çирĕплетес тата пĕтĕçтерес, хуçалăхпа культура строительствине ертсе пырассине лайăхлатас тĕлĕшпе пысăк ĕç туса ирттерчĕ, паллă çитĕнÿсем турĕ. Промышленность пилĕк çуллăх плана срокчен тултарнă. Пилĕкçуллăхра продукци туса кăларасси икĕ хут ытла ÿснĕ. Машиностроенипе станкостроени анлăн аталаннă.

Çĕрулми, пахча çимĕç, сĕт, аш-какай тата, уйрăмах, йĕтĕн туса илесси чылай ÿснĕ. Пилĕк çуллăх планăн колхозсенче аш-какайпа сĕт туса илессине ÿстерес тĕлĕшпе панă заданине республика икĕ çула яхăн вăхăтра пурнăçлать. Оратор ялхуçалăх артелĕсен экономики ÿсни çинчен калакан даннăйсене илсе кăтартать: 1955 çулта Белоруссире 650 колхоз 1 миллион тенкĕрен пуçласа 2 миллион тенкĕ таран, 110 колхоз — 2 миллионран пуçласа 3 миллион тенкĕ таран, 64 колхоз — 3 миллионран пуçласа 5 миллион тенкĕ таран тата 12 колхоз — 5 миллионран пуçласа 16 миллион тенкĕ таран тупăш илнĕ.

Патоличев юлташ Госпланпа СССР Ялхуçалăх министерствин ĕçĕсем çинчен критикле асăрхаттарусем тунă. Госплан çак министерство халăх хуçалăхĕн уйрăм отраслĕсене аталантармалли плансем туса хатĕрленĕ чухне пирĕн çĕршывăн тĕрлĕ районĕсен уйрăмлăхĕсене начар шута илеççĕ.

— XIX-мĕшпе XX-мĕш съездсем хушшинче иртнĕ тапхăрта Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ, тет Я. Э. Калнберзин юлташ (Латви парторганизацийĕ), идея тĕлĕшĕнчен татах та ытларах пиçĕхсе тĕрекленчĕ. Совет халăхĕ умне лартнă мĕнпур задачăсене пурнăçлас ĕçре парти организацийĕсен организаторла ролĕ ÿсрĕ.

Калнберзин юлташ çакна палăртать: Латвири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ йывăр индустрие аталантарас ĕç çине нимĕнрен те тимлĕрех пăхать. Иртнĕ пилĕкçуллăхра республикăри промышленность производстви пĕтĕмпе 90 процент ÿснĕ пулсан, йывăр промышленность производствин калăпăшĕ икĕ хут, машинăсем туса кăларасси вара—2,7 хут ÿснĕ. Çăмăл промышленность та пысăк хăвăртлăхсемпе аталанса пырать. Иртнĕ пилĕкçуллăхра республикăра çĕнĕрен 73 предприяти туса лартнă.

Латвире колхоз строй чылай тĕрекленнĕ, колхозниксен тупăшĕсем ÿснĕ, пысăк çитĕнÿсем тунă хуçалăхсем сахал мар. Анчах çакăнпа пĕрлех ялхуçалăхĕн хăшпĕр отраслĕсем çав-çавах юлса пыраççĕ. Латвири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕпе республика Министрĕсен Совечĕ ялхуçалăхне уйрăм районсемпе колхозсен уйрăмлăхĕсене таранăн тĕпчесе пĕлмесĕр ертсе пынă.

Калнберзин юлташ республикăри ялхуçалăхне вăйлатас тĕлĕшпе тăвакан ĕçсем çинчен тĕплĕн калать. Вăл союзлă хăшпĕр министерствăсене вĕсем Латви республикине мелиораци техникин хатĕрĕсем тăратмалли плана тултарманшăн критиклет.

### ПЕЛТЕРНИ

Февралĕн 17-мĕшĕнче, каçхине 7 сехетре, КПСС Шупашкар хула комитечĕн библиотекинче социализмла промышленность предприятисен экономикине, техникине тата промышленность производствин технологине вĕренекенсем валли лекци пулать. Лекци теми: «Промышленность предприятийĕсен финансне йĕркелесси. Промышленность предприятийĕсене кредит парса тăмалли йĕрке».

Лекторĕ М. Л. Кариков юлташ.

КПСС ХУЛА КОМИТЕЧĔ.

Редактор М. Н. ЯКИМОВ.

### ТЕАТР

ЧĂВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРĔНЧЕ февралĕн 17—18-мĕшĕсенче вырăсла спектакль «Кремлевские куранты». Спектакльсем 19 сехет те 30 минутра пуçланаççĕ.

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—7-32, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-99, обзорсен пайĕ—6-84, пропаганда пайĕ—5-21, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—3-04, совет строительстви пайĕ—3-04, литературăпа искусство пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—3-54, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 00639 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 573. Тираж 37.000 экз.